ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Май 20
ЮНКУН
№ 98 (9007)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте



## Шкулсенче экзаменсем пуçланчĕç

Паян республикăри шкулсенче вĕренсе тухмалли тата пĕр класран тепĕр класа куçмалли экзаменсем пуçланчĕç. Учительсен коллективĕсем, шкулта вĕренекенсем вĕренӳ çулĕн çак ответлă тапхăрне тĕплĕн хатĕрленсе кĕтсе илчĕç.

Кăçал учительсем вĕренӳ пахалăхне лайăхлатассишĕн тăрăшса ĕçлерĕç. Нумай шкулсенче уроксене лайăх иртterчĕç, вĕренекенсене тарăн та çирĕп пĕлӳсем пачĕç. Программа тăрăх палăртнă политехникăлла ĕçсене нумай шкулсенче лайăх иртterнĕ, вĕренекенсем предприятисенче, МТС-сенче, совхозсемпе колхозсенче экскурсире пулнă. Вĕренӳре ĕлкĕрсе пырасси кăçал ӳссе пычĕ. Иртнĕ çулхисемпе танлаштарсан, нумай шкулсенче мĕн вĕреннине тепĕр хут аса илес ĕçе лайăх йĕркелерĕç, экзаменсене вăхăтра хатĕрленме тытăнчĕç.

Экзамен вăхăтĕнче кашни вĕренекен, кашни учитель вĕренӳ çулĕ хушшинче мĕнле ĕçленине тĕрĕслессĕ. Экзаменсем кашни шкул мĕнле çитĕнӳсем тунине тата унăн ĕçĕнче мĕнле çитменлĕхсем пуррине кăтартса парассĕ. Çутĕç органĕсемпе шкул руководителĕсен экзаменсене лайăх иртterме, шкулсемпе учительсен ĕçне тĕрĕс хак пама тăрăшмалла. Экзаменсем мĕнле иртterмеллине кăтартса паракан Положенипе инструкцие тĕрĕс пурнăçласа пырас пулать. Вĕренекенсенчен программăра, экзамен тытмалли билетсенче мĕн кăтартнине пурне те ыйтмалла. Вĕренекенсен пĕлĕвне ӳсторсе хаклани пулмалла мар. Пĕлтĕр Елчĕк районĕнчи Лаш-Таяпа вăтам шкулĕнче ултă ача сочиненисенче чылай йăнăшсем тунă, çапах та вĕсене лайăх паллăсем лартса панă. Ачасен пĕлĕвне тĕрĕс мар хаклани ытти шкулсенче те пулнă. Экзамен йышăнакансемпе ассистентсен вĕренекенсен пĕлĕвĕсене тĕрĕс хакламалла, экзаменсем иртterмелли йĕркене пăсни пулмалла мар.

Экзамен вăхăтĕнче кашни вĕренекен ответне тимлĕн итлемелле, ăна чăрмантарни е вăрттăн каласа тăни пулмалла мар. Вĕренекенсенчен программăра кăтартманнисене ыйтма, çавна пула вĕсен пĕлĕвне пĕчĕклетсе хаклама юрамасть. Экзамен иртterекен комиссисен, учительсемпе ассистентсен, вĕренекенсенчен нумай ыйтнипе пĕрлех, сисĕмлĕ пулмалла, ытлашши кумханакансене лăплантармалла, вĕсене хăйсен вăйне шанса тăма пулăшмалла. Çакна асра тытас пулать: экзаменсем вĕренекен пĕр класран тепĕр класа куçассине е вĕренсе тухса малалла аслă шкулта вĕренессине татса парассĕ. Çавăнпа та экзаменсене пĕтĕм ответлăха туйса иртterес пулать.

Паян республикăри 10-мĕш класра вĕренекен тăватă пине яхăн çамрăксемпе хĕрсем ултă сехет хушши вырăс чĕлхипе тата литературăпа сочинени çыраççĕ. Сочиненисенче вĕсен хăйсем суйласа илнĕ темăн тĕп шухăшне тĕрĕс те тĕплĕн уçса памалла, хăйсен пĕлĕвĕсемпе шухăшĕсене уçăмлăн, йĕркипе çырса памалла, вуласа вĕреннĕ литература материалĕпе усă курма пĕлнине кăтартмалла.

Вуннăмĕш класра вĕренекенсен ытти предметсемпе те экзаменсенче тарăн пĕлӳсем кăтартмалла. Экзамен вăхăтĕнче вĕренекенсем хăйсен шухăшне тĕрĕс каласа пама пултарни, вĕсем теорие практикăпа çыхăнтарма пĕлни, пурнăçри, çутçанталăкри, обществăри явленисене тĕрĕс ăнлантарса пама пĕлни, пирĕн Тăван çĕршывăн литератури, искусстви, науки, техники пĕтĕм тĕнчери культурăна аталантарас ĕçре питĕ пысăк вырăн йышăннине лайăх ăнланса илни курăнтăр.

Вăтам шкултан питĕ лайăх вĕренсе тухнă, шкулта хăйсене лайăх тыткаланă çамрăксене ылтăн тата кĕмĕл медальсем параççĕ, вĕсем вара аслă шкула экзамен тытмасăрах кĕме пултараççĕ.

Республикăри çамрăксемпе хĕрачасем 25 пин çын ытла çиччĕмĕш класран вĕренсе тухма экзамен параççĕ. Иртнĕ çулсенче чылай шкулсем VII-мĕш класран вĕренсе тухакансене çирĕп пĕлӳсем парайман. Çавна пула вара çиччĕмĕш класран вĕренсе тухнă чылай çамрăксем специальнăй вăтам шкулсене кĕме экзамен тытайман, вăтам шкулăн саккăрмĕш класне кĕнисем ĕлкĕрсе пырайман тата вĕренме пăрахнă. Кăçал ун пек çитменлĕхсем пулмалла мар.

Тăваттăмĕш класра вĕренекенсем хăйсен пурнăçĕнче малтанхи хут экзамен параççĕ. Çавăн пекех 5—6-мĕш тата 8—9-мĕш классенче вĕренекенсен те пĕлĕвĕсем çирĕп пулмалла. Улттăмĕш класра вĕренекенсем арифметикăна вĕренсе пĕтереççĕ, вĕсем çак предметпа тытнă экзамен результатне VII-мĕш класран вĕренсе тухнă хыççăн паракан свидетельство çине çырса хураççĕ. Тăххăрмĕш класра вĕренекенсем çĕнĕ историе, географие, дарвинизм никĕсĕсене вĕренсе пĕтереççĕ. Çав предметсемпе экзамента илнĕ паллăсене вăтам шкултан вĕренсе тухнине пĕлтерекен аттестат çине лартаççĕ.

Çутĕç органĕсен иртнĕ çулсенче кая юлса пынă шкулсем çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла, унти учительсене ĕçре куллен пулăшса пымалла.

Экзаменсене ăнăçлă иртterесси учительсемпе вĕренекенсем йĕркеллĕ пулнинчен чылай килет. Вĕренекенсене экзаменсене хатĕрленме куллен пулăшмалла, консультацисене лайăх иртterмелле, пĕчченшерĕн те пулăшмалла. Экзаменсем вăхăтĕнче ачасене шкулта та, килте те ытлашши ĕç хушмалла мар. Экзаменсене хатĕрленнĕ чухне вĕренĕве те, канăва та тĕрĕс йĕркелес пулать.

Çутĕç органĕсен кашни шкулăн, кашни учителĕн ĕçне тĕрĕслесе тăмалла, вĕренӳ ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме вăхăтра пулăшмалла.

Шкулсен ĕçĕпе тата экзаменсем мĕнле иртнипе пирĕн пĕтĕм халăх интересленет. Район тата хула Совечĕсен исполкомĕсен, парти, профсоюз, комсомол организацийĕсен шкулти экзаменсене иртterме тимлĕн пулăшас пулать.

★

### Учительсен çуллахи канăвĕ

Вăтам шкулсен пуçламăш класĕсенче вĕренӳ çулĕ вĕçленчĕ. РСФСР-ти пуçламăш тата вăтам шкулсенчи работниксен профсоюзĕн Мускав область комитечĕ столицăпа Мускав облаçĕнчи учительсене çуллахи вăхăтра канмалли суртсемпе санаторисене кайма 2,5 пине яхăн путевка парать. Майăн 18-мĕшĕнче учительсен пĕрремĕш ушкăнĕ Крымри, Хура тинĕс хĕрринчи, Çурçĕр Кавказри, Рига патĕнчи тата Мускав çывăхĕнчи канмалли суртсемпе санаторисене кайнă.

Ытти учительсем пиншер çын каникул вăхăтĕнче Мускавра пулаççĕ. (ТАСС).

### Хлопчатник акмалли плана тултарнă

Çĕршыври колхозсемпе совхозсем хлопчатник акмалли плана тултарнă. Хлопчатник лайăх шăтса тухнă. Таджикистанра, Узбек ССР-ĕнчи Сурхан-Дарья тата Бухара облаçĕсенче хлопчатник çинче çĕр мамăкĕ пулмалли чăмăртанма пуçланă.

Çĕр мамăкĕ акса тăвакансем кашни гектар çинче 80—100 пин тупа ӳстерессишĕн кĕрешеççĕ. (ТАСС).

## Çураки планне пур культурăсем тăрăх та тултармалла

* * * *

### Комсомольски районĕ çуртрисем акса пĕтернĕ

**КОМСОМОЛЬСКИ, майăн 19-мĕшĕ. (Телеграфпа). Районти колхозсем тĕштырăсемпе пăрса йышши культурăсем, нумай çул тата пĕр çул ӳсекен курăксем, выльăхсене çитермелли тымарçимĕçсем тата силос культурисем акмалли государство планне майăн 17-мĕшĕнче тултарчĕç. Тулă акмалли плана 102,2 процент, нумай çул ӳсекен курăксем акмалли плана 108 процент, силос тумалли культурăсем акмалли плана 102,7 процент тултарнă. Колхозсем пурте çĕрулми лартаççĕ. Тракторсемпе çĕртме сухи тума тытăннă.**

КПСС райкомĕн секретарĕ А. ГАВРИЛОВ.
Райисполком председателĕ П. ОСИПОВ.
Районти ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ П. КАЗАКОВ.

### Çураки планне тултартăмăр

МУРКАШ, майăн 18-мĕшĕ. (Телефонпа). Вăйлă тырпул туса илессишĕн, общественнăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ӳстерес ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тăвассишĕн вăйлăн кĕрешме пулса, кăçал эпир хамăр çине пысăк обязательствăсем илтĕмĕр. Çав обязательствăсене йышăннă чухне пухура колхозниксемпе колхозницăсем колхоз правленийĕпе бригадирсене суракине хăвăрт тата пысăк пахалăхпа иртterме хушса хăварчĕç, хăйсем уй-хирте пысăк тухăçлăхпа ĕçлеме пулчĕç.

Халĕ эпир уй-хирти ĕçсен малтанхи итогĕсене пăхса тухма, малашне ĕçлеме кирлĕ выводсем тума пултаратпăр.

Çураки планне пирĕн «Красное Сормово» колхоз майăн 15-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ. Пур тĕрлĕ ялхуçалăх культурисене те, çĕрулмине хуратулсăр пуçне, лайăх срокра, çĕре тимлĕ ĕçлесе тата удобренисемпе çемçетсе акнă. Эпир тулă планпа пăхнинчен 18 гектар ирттерсе акрăмăр. Пăри, вир, пăрса тата силос культурисем акмалли плансене ирттерсе тултартăмăр.

Çакна эпир сĕлĕ планпа пăхнинчен сахалрах акнипе турăмăр. Çапла тунине эпир тĕрĕс тесе шутлатпăр, мĕншĕн тесен хуçалăха кирлĕрех тата усăллăрах культурăсене ытларах акса туни артель хуçалăхне пăсмасть.

Суракинче кăçал эпир ĕç пахалăхĕшĕн вăйлăн кĕрешрĕмĕр. Кашни культурăна агротехникăна тĕплĕн пурнăçланипе акма тăрăшрăмăр. Таса, шултăра вăрлăх акнă. Тулăна «АБ» препаратпа хутăштарса тата чылай пайне яровизацилесе акрăмăр. Хĕреслĕ майпа акмалли плана тултартăмăр, çĕрулмие 10 гектар çине тăваткал кĕтесле майпа лартрăмăр.

Кăçал эпир 52 гектар çине кантăр акнă. Вăл участока малтан гектар пуçне 40-шер тонна тислĕк тăкнă, тарăн сухаласа çемçетнĕ. Акас умĕн минераллă удобренисем çителĕклĕ сапса культиваци тунă. Малта пыракансен опытне шута илсе, кантăра эпир кăçал висĕ тĕрлĕ майпа акса хăвартăмăр. Пĕр вырăна халиччен пекех сеялкăпа ретлĕ майпа акрăмăр. Тепĕр вырăна сеялкăн семяпровочĕсене пĕрре урлă питĕрсе акнă. Висçĕмĕшĕнчен, вăрлăх тума кантăра сеялкăпа унăн семяпровочĕсене иккĕ урлă питĕрсе сарлака ретлĕн акса хăвартăмăр. Кашни гектар çине сӳс тума акнă çĕрте кантăр вăррине 120-шер килограмм, вăрлăх тума—80-шар килограмм кĕртнĕ.

Колхозăн йышлă выльăх-чĕрлĕхĕ валли апат нумайрах туса илес задачăна пур бригадăсем те лайăх пурнăçласа пыраççĕ. Ку тĕлĕшпе колхозра ятарласа икĕ бригада тунă пулсан та, выльăх-чĕрлĕх апачĕн çирĕп никĕсне тăвас задачăна эпир уй-хир бригадисенчен те илмен. Нумай çул ӳсекен курăксемпе пĕр çул ӳсекен курăксене тата çĕрулмине уй-хирти пусă çаврăнăшĕсенче акса тăвассишĕн пирĕн пур бригадăсем те ответлă пулса тăраççĕ. Çавăнпа та кăçал колхозăн кашни бригади (вĕсем пирĕн колхозра пурĕ 10) нумай çул ӳсекен курăксемпе пĕр çул ӳсекен курăксем акмалли задание агротехникăлла чи лайăх срокра тата пысăк пахалăхпа пурнăçларĕç. Халĕ бригадăсем çĕрулми лартмалли плана хăвăртрах тултарассишĕн кĕрешеççĕ.

Çураки ĕçĕсене организацилесе иртterме колхоз правленине колхозри парти организацийĕпе комсомол организацийĕ тăтăшах лайăх пулăшса пычĕç. Коммунистсемпе комсомолецсем тата партире тăман активистсем çуракинче яланах малта пырса, пурне те хăвхалантарса пычĕç, вăйлă тырпулшăн, йышлă та тухăçлă выльăх-чĕрлĕхшĕн кĕрешме социализмла ăмăртăва кашни колхозника, колхозницăна активлăн хутшăнтарчĕç.

А. МОИСЕЕВ,
Муркаш районĕнчи «Красное Сормово» колхоз председателĕ, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ.

### Советски МТС-ĕ япăх ĕçлет

Районти колхозниксемпе колхозницăсем ялхуçалăх культурисене хăвăртрах акса хăварассишĕн çине тăрса кĕрешеççĕ. «Дружба», М. Горький ячĕпе тăракан тата ытти чылай колхозсем пĕрчĕллĕ тата пăрса йышши культурăсене акса пĕтерчĕç. Ял ĕçченĕсем çак вăхăтра çураки планне хăвăртрах тултарма пĕтĕм вăя пухаççĕ.

Анчах та Советски МТС-ĕ хăй ĕçлекен колхозсенче çураки ĕçĕсене вăхăтра туса парас тĕлĕшпе ответлăха туйса ĕçлемест. Кăçал Советски МТС-ĕнче политика енĕпе ĕçлекен çын çук. МТС-ри парторганизаци те механизаторсем хушшинче социализмла ăмăрту организацилес тĕлĕшпе нимĕн те тумарĕ. МТС руководителĕсем трактор бригадисен ĕçне организацилесе ертсе пымаççĕ. Бригадăсене техника тĕлĕшĕнчен пулăшса тăрас ĕçе пачах йĕркелемен. Куçса çӳрекен мастерскойсене салатса янă.

Трактор бригадисенчен чылайăшĕ çуракине тухнăранпа та кирлĕ пек ĕçлеме пултараймарĕç. Г. Михайлов тата Черлаков юлташсем ертсе пыракан трактор бригадисем çуракинче чăтма çук юлса пыраççĕ. Суракинче тумалли ĕçсен заданине вĕсем халĕ пурĕ те 3—6 процент кăна пурнăçланă.

Иртнĕ çул кĕрхи çĕртме тунă вырăнсенче МТС культиваци туса ĕлкĕреймен пирки, Ленин ячĕпе, Карл Маркс ячĕпе, Суворов ячĕпе тăракан тата «Восход» колхозсем çуртрисене пĕтĕмпе пекех хăйсен вăйĕпе акнă. Ленин ячĕпе, Киров ячĕпе тата К. Маркс ячĕпе тăракан колхозсенче МТС 225 гектар нумай çул ӳсекен курăксем акса хăвармалла пулнă. Курăк акмалли сеялкăсем ахалех тăчĕç пулин те, çак ĕçе трактор бригадисем тумарĕç.

Ленин ячĕпе тăракан колхозра 2 тракторпа апрелĕн 25-мĕшĕнчен пуçласа 346 гектар культиваци тумалла, 100 гектара яхăн акмалла пулнă пулсан, бригада пурĕ те 41 гектар кăна тырă акнă.

В. МИХАЙЛОВ,
Киров ячĕпе тăракан колхозри партбюро секретарĕ.

### «ГВАРДЕЕЦ» КОЛХОЗ ОПЫЧĔПЕ

КӲКЕÇ. Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозăн паха опытне асра тытса, Ленин ячĕпе тăракан колхозри бригадăсем кăçал силос валли хĕвелçаврăнăшне викăпа хутăш хĕреслĕ майпа акса хăварчĕç. Çак ĕçе Кирилловпа Тимофеев трактористсем турĕç. Вĕсем малтан хĕвелçаврăнăшне трактор сеялкипе яланхи пекех ретлĕ майпа акрĕç. Çав кунах хĕвелçаврăнăш акнă ретсене урлă сеялкăпа кашни гектар пуçне 60-шар килограмм вика акрĕç.

П. КОЗЛОВ.

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

★

### Н. В. Гоголь сочиненийĕсен пуххи

Государствăн илемлĕ литература пичетлесе кăларакан издательстви Н. В. Гоголь сочиненийĕсен пуххине пичетлесе кăларса пĕтернĕ. Вырăссен аслă писателĕн сочиненийĕсен пуххине иртнĕ çулта вăл вилнĕренпе 100 çул тултарнă май пичетлесе кăларма пуçланă.

Н. В. Гоголь сочиненийĕсен пуххинче çырса пĕтернĕ илемлĕ произведенисем пурте тата суйласа илнĕ статьясемпе сăмахсем пичетленнĕ. Çав кĕнекесенчех Н. В. Гоголь çамрăк чухне çырнă «Ганц Кюхельгартен» поэма, «Альфред» ятлă çырса пĕтермен историлле драма, «Владимир 3-й степени» ятлă çырса пĕтермен комеди сыпăкĕсем тата ытти произведенисем те пичетленсе тухнă.

### ТЕХНИКĂЛЛА ВĂТАМ ШКУЛСЕНЧЕ ВĔРЕНЕÇÇĔ

Çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленность предприятийĕсенчи работниксем 13 пин çын ытла производствăран уйрăлмасăр техникăлла вăтам шкулсенче вĕренеççĕ.

СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви 1953—1954-мĕш вĕренӳ çулĕнче министерствăна пăхăнса тăракан каçхи техникумсене тата техникумсен заочно вĕренмелли отделенийĕсене иртнĕ çулхинчен нумайрах çын вĕренме илме палăртнă. Пир-авăр, çĕвĕ çĕлекен тата кантăк тăвакан 10 предприятире çĕнĕрен техникумсен уйрăмĕсене уçаççĕ.

Орехово-Зуеври пир-авăр техникумĕнче, Львовпа Черновицăри çăмăл промышленность техникумĕсенче, Смелянскинчи апат-çимĕç промышленность техникумĕнче тата ытти техникумсенче те каçхине ĕçлекен отделенисем уçаççĕ. Пулă промышленноçĕн икĕ техникумĕ çумĕнче заочно вĕренмелли отделенисем уçăлаççĕ.

(ТАСС).



Ставрополь крайĕ. Уйри тырпула шăвармалли Кубань-Егорлык системи крайри типĕ вырăнсене шыв илсе пыма май парать. Тĕп пĕвене тимĕр-бетонран тунă. Куйта пухăнакан шыв 54 километр тăршшĕ канал тăрăх уй-хире юхса пырать.
ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Кубань-Егорлык системин тĕп пĕви.
Г. АРАКЕЛЬЯН фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

★ ★

### А. В. Суворова асăнса

НОВАЯ ЛАДОГА (Ленинград облаçĕ), майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Ладога кӳлли хĕрринче Новая Ладога ятлă пысăк мар хула ларать. Çак хула историйĕ вырăссен аслă полководецĕ А. В. Суворов ячĕпе тачă çыхăнса тăрать. Вăл 1764 çултан пуçласа 1768 çула çитиччен, Суздальски полк командирĕ пулса, çак хулара пурăннă.

Новая Ладога хулинче Суворов салтакĕсем пурăннă казарма тата офицерсен собрани çурчĕ сыхланса юлнă.

Хулари ĕççыннисем А. В. Суворова юратса асăнаççĕ. Скверта аслă полководец бюстне туса лартнă. 1950 çулта хулара А. В. Суворов ячĕпе тăракан культурăпа кану паркĕ уçнă. Хулари урамсенчен пĕрне А. В. Суворов ятне панă.

Ĕнер Новая Ладога хулинче, Суворов салтакĕсем пурăннă казарма çурчĕ патĕнче, А. В. Суворова асăнса пысăк митинг иртернĕ. Митинг Суворов вилнĕренпе майăн 18-мĕшĕнче 153 çул тултарнă ятпа пулнă. Казарма çурчĕ çине асăнмалли хăма çапса хунă. Хăма çине ылтăн саспаллисемпе çапла çырнă:

«Çак çуртра 1764—1768 çулсенче Суздальски пехота полкĕ тăнă, унăн командирĕ А. В. Суворов пулнă».

Районти культура çуртĕнче выставка организациленĕ. Экспонатсен хисепĕнче Суздальски полкра пулнă тупă, пăшал, хĕç, висĕ кĕтеслĕ шлепке, шинель, Суворов вăхăтĕнчи ытти хĕçпăшалсемпе тумтирсем пур.

## Халăх сывлăхне сыхлас ĕçе лайăх туса пырар

Партипе правительство халăх сывлăхне сыхлас, унăн пурнăçпа ĕçлĕ условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе куллен тăрăшаççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ хăйĕн решенийĕнче халăх сывлăхне сыхлас ĕçе малашне татах лайăхлатса пыма палăртрĕ. Больницăсемпе диспансерсен, ача çуратмалли çуртсен, санаторисен, ачасен яслисен хисепĕ чылай ӳсмелле.

Халăх сывлăхне сыхлас ĕç пирĕн республикăра та çултанçул лайăхланса пырать. Пĕлтĕр больницăсенчи койкăсен хисепĕ, вăрçăчченхипе танлаштарсан, 39 процент, халăх сывлăхне сыхлас ĕç валли государство паракан укçа шучĕ висĕ хут ытла ӳснĕ. Больницăсем çĕнĕ йышши оборудованипе пуянланса пыраççĕ. Юлашки икĕ çул хушшинче рентген аппарачĕсен хисепĕ висĕ хут ӳснĕ. Чылай больницăсенче çĕнĕ кабинетсемпе уйрăмсем ĕçлеме пуçланă. Больницăсенче ĕçлекен врачсен хисепĕ чылай нумайланнă.

Халăха медицина пулăшăвĕ парас ĕçе вăйлатнă май ĕççыннисем чирлесси чакнă. Медицина учрежденийĕсем хăйсен ĕçĕнче малта пыракан совет медицинин вĕрентĕвĕсене пурнăçласа пыма тытăнчĕç, халăх сывлăхне сыхлас ĕçри чи лайăх меслетсемпе анлăн усă курасси сарăлсах пырать.

Халăх сывлăхне сыхлас ĕçре республикăра хăшпĕр çитĕнӳсем пур пулин те, çак ĕç паянхи кун партипе правительство ыйтнă пек пулса пыраймасть-ха. Республикăри медицина работникĕсем хăйсем умне лартнă задачăсене кирлĕ пек пурнăçлаймаççĕ. Медицина учрежденийĕсен ĕç меслечĕсем пурнăçпа пĕр тан пыраймаççĕ, вĕсем Совет Союзĕнчи малта пыракан медицина учрежденийĕсен ĕç опытне сарас, малта пыракансен паха ĕç меслечĕпе усă курас тĕлĕшпе сахал ĕçлеççĕ.

Халăх сывлăхне сыхлас тĕлĕшпе диспансерсем урлă тĕрлĕ мероприятисем туса ирттересси тата чир-чĕртен сыхланмалли профилактика ĕçне ăнăçлăн пурнăçласа пырасси медицина учрежденийĕсен тĕп ĕçĕ пулса тăрайман-ха. Сывлăха сыхлас ĕç уйрăмах ялсенче кая юлса пырать. Чылай больницăсен ĕçĕнче медицина культури тивĕçлĕ вырăнта мар. Хăшпĕр чирпе чирлекенсен хисепĕ чакас вырăнне ӳссе пырать. Çынсене чирлеме пуçласан çийĕнчех сыватма тытăнас, чир-чĕре сарăлма парас мар тĕлĕшпе çине тăрса кĕрешни çук.

Промышленность предприятийĕсемпе халăх пурăнакан вырăнсене, апат-çимĕç тата ытти учрежденисене чылай çĕрте санитари тĕлĕшĕнчен таса тытмаççĕ. Медицина работникĕсем ĕç тата йăла условийĕсене медицина енчен лайăхлатас тĕлĕшпе сахал ĕçлеççĕ, халăх хушшинче, уйрăммăнах ялсенче, санитари культурине пурнăçласа пымаççĕ. Санитари пропаганди тивĕçлипе пулса пымасть. Хăшпĕр медицина работникĕсем ку ĕçе пачах хутшăнмаççĕ.

Çаксем вĕсем пирĕн республикăри сывлăха сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен учрежденисемпе органсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине, вĕсене партипе совет органĕсем куллен пулăшса пыма кирлине лайăх кăтартса параççĕ.

Пĕлтĕр халăх сывлăхне сыхлас тĕлĕшпе тума палăртнă ĕçсене чылайăшне пурнăçлайман. Ялсенче çĕнĕрен саккăр больница ĕçе кĕмелле пулнă пулсан, ултă больница кăна ĕçе кĕнĕ. Куславккара 15 койка вырнаçмалăх больница ĕçе кĕмелле пулнă, анчах çурт çук пирки çакна пурнăçлайман. Улатăр, Кувакино, Елчĕк районĕсенче ачасен яслисем уçмалли, республикăра фельдшерсемпе акушерсен пункчĕсем уçмалли плансене пурнăçламасăр хăварнă.

Районсенчи сывлăх пайĕсен заведующийĕсемпе райсовет исполкомĕсен председателĕсем чылайăшĕ халăх сывлăхне сыхлас тĕлĕшпе тумалли ĕçсене пурнăçлассишĕн, халăх ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн çине тăрса кĕрешмеççĕ. Больницăсенче ĕçлеме медицина работникĕсем тупса лартас, вĕсене яланлăха çирĕплетес тата пурăнма лайăх условисем туса парас тĕлĕшпе сахал ĕçлеççĕ.

Халăх сывлăхне сыхлас тĕлĕшпе сывлăх учрежденийĕсен ĕçĕсене чылай вăйлатмалла. Ку тĕлĕшпе малта пыракан медицина наукин çитĕнĕвĕсемпе анлăн усă курмалла. Ĕççыннисен сывлăхне малтанах тĕрĕслесе шута илес, чирлисене палăртса сыватас ĕçе ăнăçлăн пурнăçласа пымалла. Ку тĕлĕшпе малта пыракан медицина учрежденийĕсен паха опытне пур районсенче те анлăн сармалла. Халăх хушшинче чир-чĕр сарăласси не хирĕç кĕрешес майпа профилактикăна анлăн туса пыни кирлĕ. Çав майпа кашни предприятире, апат-çимĕçпе сутуилӳ учрежденийĕсенче, шкулсенче санитарипе гигиена правилисене çирĕп пурнăçласа пымалла. Халăх хушшинче санитари пропагандине вăйлатас тĕлĕшпе кашни медработникăн куллен ĕçлемелле.

Профилактика енĕпе тата халăха диспансеризацилес тĕлĕшпе ялсенче пысăк ĕçсем туса иртterме палăртнă. Çакă вăл вырăнсенчи медицина учрежденийĕсене Министерство енчен куллен пулăшас ĕçе тĕпренех вăйлатма хушать. Республикăри Сывлăх министерствин ялсенчи врачсене тăтăшах тата çийĕнчех пулăшса тăмалла. Профилактика, диагностика тата терапи пахалăхне лайăхлатмалла. Ялсенчи медицина работникĕсен творчествипе пуçарулăхне, вĕсен ĕçĕнчи медицина культурине ӳстерсе пымалла, вĕсен пĕтĕм пултарулăхне халăх сывлăхне сыхлас ĕçе мобилизацилеме пулăшмалла.

Вырăнсенчи партипе совет тата профсоюз организацийĕсен врачсен, медицина работникĕсен идейăлла-политикăлла пĕлĕвне, ĕçри квалификацине ӳстерес тĕлĕшпе куллен ĕçлемелле. Халăх сывлăхне сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен учрежденисемпе органсем хăйсен кулленхи ĕçĕнче партипе совет тата профсоюз организацийĕсем пулăшса, хавхалантарса пынине туйса тăччăр.

Коммунизм обществи тăвакан халăхăн сывлăхĕшĕн кĕрешесси—медицина работникĕсен чи пысăк та хисеплĕ задачи пулса тăрать.

★

### Çĕршыври уй-хирсенче

КУРСК. Облаçра тĕштырăсем акса пĕтернĕ. Сурхи тулă план тăрăх палăртнинчен чылай ытларах акнă.

Тăвата районти колхозсем планран ирттерсе 1.200—1.500-шер гектар тулă акнă. Планран ирттерсе халĕ те тулă акаççĕ.

ТАМБОВ. Облаçри ялхуçалăх артелĕсем канатник акаççĕ. Малта пыракан колхозсем сӳс тумалли çак культурăна акса пысăк тупăш илеççĕ. Канатник акнă лаптăк кăçал икĕ хут ӳсет.

ЧЕЛЯБИНСК. Облаçри колхозсем тулă акса пĕтернĕ, планран ирттерсе 20 пин гектар тулă акнă. Чылай пысăк лаптăк çине хĕреслĕ майпа тата ансăр ретпе акнă.

НАЛЬЧИК. Кабардин АССР-ĕнчи колхозсем уйри тырпула шăварма пуçланă. Сăртсем çинчен юхса анакан шывпа кĕрхи тулă, урпа калчисене, пахча çимĕçсене тата ытти культурăсене те шăвараççĕ. Садсенчи çимĕç йывăççисене те шăварма пуçланă. Республикăра тырпулсене, садсенчи йывăççене тата курăксене 32 пин гектар çинче шăварса ӳстереççĕ.

Майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС).

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Вĕренӳ çулне ăнăçлă вĕçлессишĕн

Халĕ районти политшкулсемпе кружоксем партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене, 1953 çулхи мартăн 9-мĕшĕнче Мускавра пулнă хурлăхлă митингра Маленков, Берия, Молотов юлташсем каланă сăмахсене, СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕн материалĕсене вĕренсе пĕтерсе, итоглă занятисем ирттерме хатĕрленеççĕ. Уйрăм кружоксемпе политшкулсенче çак кунсенче итоглă занятисем иртрĕç. Вăрнарти «Заготзерно» пунктĕнчи, Мичурин ячĕпе тăракан колхозри, районти больницăри кружоксемпе политшкулсенче малтанхи итоглă занятисем идея тĕлĕшĕнчен лайăх иртрĕç.

Вăрнарти «Заготзерно» пунктĕнчи парти историне вĕренмелли кружок кăçал ăнăçлă ĕçлерĕ. Кунта 19 çын вĕреннĕ. Вĕсем вĕренӳ çулне аван хатĕрленсе кĕтсе илчĕç: вĕренӳре кирлĕ япаласене вĕренӳ çулĕ пуçланиччченех илсе хатĕрлерĕç. Занятисенче кашни вĕренекен пропагандист ăнлантарса панине тĕплĕн çырса пычĕ, килте вĕреннĕ материалсем тăрăх та лайăх конспектсем çырнă.

Вĕренекенсем занятисене пĕр сиктермесĕр çӳрерĕç. Кружок руководителĕ П. Тихонов юлташ занятисене географи карттисемпе, схемăсемпе, диаграммăсемпе, таблицăсемпе тата ытти нагляднăй пособисемпе анлăн усă курса ирттерчĕ. Çакă вĕренекенсене программăри материала тăрăнрах ăнланса илме май пачĕ.

Итоглă занятисем ирттерме программăри материала вĕренсе пынă вăхăтрах хатĕрленме тытăннă. «ВКП(б) историйĕн кĕске курсĕн» кашни сыпăкне тата партин XIX-мĕш съезчĕн кашни документне вĕреннĕ хыççăн, мĕн вĕренннине аса илме тăтăшах калаçусем ирттернĕ. Çакă вĕренекенсене занятисенче илнĕ пĕлĕве çирĕплетме чылай пулăшрĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене, 1953 çулхи мартăн 9-мĕшĕнче Мускавра пулнă хурлăхлă митингра Маленков, Берия, Молотов юлташсем каланă сăмахсене, СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕн материалĕсене вĕренсе пĕтернĕ хыççăн, мĕн вĕренннине аса илме виçĕ заняти ирттернĕ. Çак занятисенче Тихонов юлташ вĕреннĕ материалсем тăрăх обзорлă лекцисем туса пачĕ, вĕренекенсен ыйтăвĕсем çине ответлерĕ. Итоглă занятисем ирттерме пропагандист тĕп ыйтусене малтанах палăртса хучĕ.

Итоглă занятисене экзамен евĕрлĕ ирттермелле маррине, çак занятисене юлташла калаçу формипе ирттермеллине пропагандист та, вĕренекенсем те лайăх пĕлеççĕ. Малтанхи итоглă занятире пропагандист вĕренекенсене конкретлă ыйтусем пачĕ. Çав ыйтусем тăрăх юлташла калаçу пуçланчĕ. Хăшпĕр ыйтусем тăрăх 4—5 çын тухса каларĕ. Ыйтăва çителĕклĕ çутатса параймасан, пропагандист хăй анлăн тата тĕплĕн ăнлантарчĕ.

Итоглă занятисем политикăпа идея енчен çӳлĕ пусăмра иртрĕç. Вĕренекенсем материала аван тата çирĕп ăнланса юлнă. Занятире сӳтсе явнă ыйтусем çине уйрăммăнах Ф. Лукин, А. Николаев, А. Федорова, Ф. Кириллова, Георгипе Геннадий Ивановсем тĕплĕн те тарăннăн ответсем пачĕç.

Политикăлла вĕренӳ Вăрнарти «Заготзерно» пунктĕнче ĕçлекенсен активлăхне ӳстерсе пырать. Парторганизаци кадрсен вĕренĕвне лайăхлатма куллен тăрăшать. Кăçалхи вĕренӳ çулĕнче кружок ĕçĕ çинчен виçĕ хут сӳтсе явнă. Итоглă занятисем пулас умĕн те итарласа парти пухăвĕ ирттернĕ. Çаксене пула ĕнтĕ вĕренекенсем занятисене сиктермесĕр çӳрерĕç, тăрăшса вĕренчĕç.

Анчах районти хăшпĕр кружоксенче итоглă занятисем кирлĕ пек иртмеççĕ. Уйрăм кружоксенче малтанхи итоглă занятисем экзамен пек пулса иртрĕç. Сăмахран, Вăрнар больницинчи «ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» вĕренмелли кружокра (пропагандист Ф. Головлев юлташ) итоглă заняти ирттерме ыйтусем хатĕрлемен. Пропагандист кашни вĕренекене уйрăммăн чĕнсе, ăна ыйтусем панă. Çавăнпа та пĕрремĕш итоглă заняти кичем иртрĕ.

Вĕренӳ çулне ăнăçлă вĕçлесси—пуçламăш парторганизацисем умĕнче тăракан тĕп задача. Çавăнпа та пуçламăш парторганизацисен пропагандистсене пулăшмалла. Парти райкомĕ парторганизаци секретарĕсен канашлăвне, пропагандистсен семинарне ирттерчĕ. Итоглă занятисем ирттерес ĕçре парторганизацисене пулăшма райком хăйĕн представителĕсене уйăрчĕ.

**А. АМВРОСЬЕВА,**
**КПСС Вăрнар райком секретарĕ.**

## Итоглă занятире

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Шупуçри территориллĕ пуçламăш парторганизаци çумĕнчи кружокра итоглă заняти пулчĕ. Вĕренӳ çулĕ вăхăтĕнче пĕтĕмпе 17 заняти ирттернĕ. Кружокра 15 çын вĕреннĕ.

Итоглă заняти политикăпа идея тĕлĕшĕнчен çителĕксĕр иртрĕ, чылай вĕренекенсем калаçăва активлăн хутшăнмарĕç. Пропагандист Тарасов юлташ, вăлах парторганизаци секретарĕ, итоглă занятисем ирттерме япăх хатĕрленнĕ.

Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тунă доклад тăрăх занятире сӳтсе явма палăртнă ыйтусене тĕплĕн çутатса памарĕç. Тĕнчери кучухнехи экономикăлла лару-тăру аталанăвĕн икĕ çулĕ çинчен асăнмарĕç те, СССР Союзĕн тата халăх демократи çĕршывĕсен аталанăвĕ çинчен каланă чухне вĕренекенсем конкретлă тĕслĕхсем кăтартса памарĕç.

Пропагандист вĕренекенсем мĕн каланине асăрхаса пымарĕ. Викторова учительница Совет Союзĕн тĕнчери лару-тăрăвĕ çинчен каланă чухне: «Иккĕмĕш тĕнче вăрçи хыççăн капитализм системинчен Германи тата Япони тухса ӳкрĕç» терĕ. Анчах çак йăнăша вĕренекенсем те, пропагандист та тӳрлетмерĕç. Пропагандист пĕр ыйтăва сӳтсе явнă хыççăн, ответсене пĕтĕçтермесĕрех тата йăнăшсене тӳрлетмесĕрех тепĕр ыйту çине куçрĕ.

Итоглă занятире çакă лайăх палăрчĕ: вĕреннĕ материалсене практикăлла задачăсемпе сахал çыхăнтарнă. А. Николаев юлташ пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăх енĕпе тăракан задачăсем çинчен каласа пачĕ, анчах вăл ялти «Урожай» колхозăн тырпул тухăçлăхне, обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне ӳстермелли 1953 çулхи план çинчен нимĕн те каламарĕ.

Паллах кун пек занятисем вĕренекенсене пысăк усă памаççĕ.

**Л. СЕМЕНОВ.**

## Кружок хăйĕн ĕçне вĕçлерĕ

Йĕпреç районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозри коммунистсемпе партире тăман активистсем, пĕтĕмпе 22 çын, парти историне кружокра вĕренчĕç. Çак кунсенче кунта итоглă занятисем пулчĕç.

Итоглă занятире сӳтсе явнă ыйтусем тăрăх Л. Шишков, М. Феофанов, А. Этричев, В. Будков, Р. Ильина юлташсем активлă тухса каларĕç, вĕсем вĕреннĕ материала лайăх пĕлнине кăтартса пачĕç. Çитес çул кружок И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă классикла произведенине вĕренме тытăнать.

**Кружок руководителĕ А. ИСАКОВ.**

# ПРОИЗВОДСТВО ПЛАННЕ СРОКЧЕН ТУЛТАРАР!



Республикăри промышленность предприятийĕсемпе транспортри паллă стахановецсем çак кунсенче Шупашкарта промышленноçпа транспорт работникĕсен канашлăвĕнче пулчĕç.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: канашлура пулнă юлташсем. Сулахайран сылтăмалла: В. С. Евлачев—Çĕмĕрлери «Большевик» заводран, Е. П. Ипатов—Канашри чугун çул дистанцийĕн механически мастерскойĕнчен, М. Н. Сысуйкин, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ, Кире вăрманпромхозĕнчен, Т. Ф. Большов—Канашри вагонсем юсакан заводран, Н. И. Вельдяев—Алтышево вăрманпромхозĕнчен, П. И. Казяев, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ, Улатăрти депоран тата П. И. Пекшин—Канашри вагонсем юсакан заводран.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Вăрман промышленноçĕнче механизмсене лайăх ĕçлеттермелле

Республикăри вăрман промышленноçĕ хăватлă техникăпа хĕçпăшалланнă. Вăрманпромхозсем тракторсем, автомашинăсем, электропăчкăсем нумай туянаççĕ. 1952 çулта трестăн тĕп фончĕсем 10 миллион тенкĕлĕх ӳснĕ. Государство заданине ăнăçлăн пурнăçласа пырасси, йывăçăн хăйне ларакан хакне йӳнетесси пуян техникăпа лайăх усă курнинчен, пур ĕçе те комплексла механизацилениинчен, ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пынинчен килет. Халлĕхе «Чăвашвăрман» тресчĕ тата вăрман хатĕрлекен ытти организацисем умра тăракан задачăсене пурнăçласа пыраймаççĕ.

1952 çулта «Чăвашвăрман» тресчĕ плана тултараймарĕ, Тăван çĕршыв умĕнче пысăк парăма кĕчĕ. План тăрăх, продукцин хăйне ларакан хакне 5,8 процент йӳнетмелле пулнă, чăннипе 8 процент хаклăлатнă. Хуçасăрлăха хирĕç кĕрешменнипе, ĕç тухăçлăхне ӳстермелли тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли задание пурнăçламаннипе сметăран ирттерсе 17 миллион тенкĕ расходланă.

Трест ĕçĕнче кăçал та паллă улшăнусем çук. Пĕрремĕш кварталта вăл халăх хуçалăхне 79 пин кубометр ĕçе юрăхлă йывăç парса çитереймерĕ. Апрель уйăхĕнче нумай вăрманпромхозсем плана тултараймарĕç.

Трест тата вăрманпромхозсен руководителĕсем ĕçе тĕрĕс йĕркелеме, механизаторсем валли тухăçлă ĕçлеме паха майсем туса пама тăрăшмаççĕ. Машинăсемпе механизмсене вăхăтра юсамаççĕ, çĕнĕ кадрсем вĕрентсе хатĕрлеме кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Улатăрти вăрманпромхозăн КТ-12 трактор саккăр. Пĕрремĕш кварталта виçĕ тракторпа çеç йывăç турттарнă. 20 автомашинăран вунпĕрĕшĕ çеç ĕçленĕ.

1952 çулта вăрманпромхозсем электропăчкăсемпе йывăç хатĕрлемелли задание 49 процент çеç пурнăçланă. Çакă вăл электростанцисен хăвачĕпе тĕрĕс мар усă курнинчен нумай килнĕ. Приволжски вăрманпромхоз куçса çӳрекен электростанци вăйĕпе Первомайски поселока çутатать. Ку поселок валли электроэнерги Атăл леш енчи электростанцирен илме пулать. Çавăн пек тĕслĕхсем ытти çĕрте те пур. Куçса çӳрекен электростанцисене электропăчкăсемпе йывăç хатĕрлеме уйăрса параççĕ, çавăнпа вĕсемпе урăх çĕрте усă курмалла мар.

Производствăна тĕрĕс мар йĕркеленипе, техникăна татти-сыппиcĕр ĕçлеттерменнипе, малта пыракансен опычĕпе меслетне сарманнипе вăрман хатĕрлекенсен ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ. 1952 çулта трест ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана йывăç касса хатĕрлес енĕпе 68 процент, каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухас енĕпе—80 процент, турттарса кăларас енĕпе—87 процент çеç тултарнă. Кăçалхи пĕрремĕш кварталта та ĕç тухăçлăхĕ çителĕксĕр пулнă. Ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана 100 процент тултарнă пулсан, трест Тăван çĕршыва вуншар пин кубометр йывăç ытларах хатĕрлесе панă пулĕччĕ. Йывăç нумайрах хатĕрлени, паллах, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетме, оборотри укçа-тенкĕн çаврăнăшне хăвăртлатма пулăшнă пулĕччĕ.

Вăрман промышленноçĕнче техникăна алла илнĕ, пуçарулла механизаторсем сахал мар. Сысуйкин, Вельдяев, Шумилин, Егоров, Цaрегородцев, Кутузов, Барышев юлташсем тата ыттисем те задание тăтăшах ирттерсе тултараççĕ, машинăсемпе механизмсене татти-сыппиcĕр ĕçлеттереççĕ, топливо тата материалсем нумай перекетлеççĕ. «Чăвашвăрман» тресчĕ тата вăрманпа сулă рабочийĕсен профсоюзĕн обкомĕ малта пыракан коллективсен тата производство новаторĕсен опычĕпе меслетне пĕтĕçтерсе сарас тĕлĕшпе хăйсен пуçарулăхне кăтартмаççĕ. Чылай вăрманпромхозсенчи рабочкомсем социализмла ăмăртăва куллен тата оперативлă ертсе пымаççĕ. Предприятисенче уявсем умĕн пысăк обязательствăсем йышăнаççĕ, кайран ун çинчен манаççĕ. Цех, смена, бригада коллективĕсем панă сăмаха мĕнле пурнăçласа пынине тăтăшах тĕрĕслемеççĕ, кашни рабочи валли тухăçлă ĕçлеме паха майсем туса пама тăрăшмаççĕ. Çĕнĕ пуçарусене путарса лартнă тĕслĕхсем те сахал мар. Иртнĕ кĕркунне Çĕмĕрлери вăрманпромхозра ĕçлекен И. Табункин тракторист паллă стахановецпа М. Сысуйкин юлташпа ăмăрту договорĕ тунă, пысăк обязательство йышăннă. Панă сăмаха чысăн пурнăçлассишĕн вăл хăйĕн вăйне шеллемесĕр кĕрешнĕ, паха тĕслĕхсем кăтартнă. Анчах унăн тракторĕ пăсăлнă. Вăрманпромхоз дирекцийĕ çак трактора çийĕнчех юсаттарма тăрăшман. Çавăн пирки Табункин юлташ панă сăмаха пурнăçлайман.

Техникăна тухăçлă ĕçлеттересси пур операцисене те комплексла механизацилениинчен нумай килет. Халлĕхе тракторсем, автомашинăсем тата ытти хатĕрсем уйрăм операцисене механизацилеменнипе час-часах ахаль тăраççĕ. Вăрман промышленность министерстви Улатăрти вăрманпромхозăн Соловьевски автоçула, Йĕпреçри вăрманпромхозăн Чернореченски автоçула, Çĕмĕрлери вăрманпромхозăн Сурски ансăр чугун çулне 1952 çултах комплексла механизацилеме хушнă. Анчах çак ĕçе вăхăтра пурнăçламан. Кăçалхи III-мĕш кварталта Кирери автоçула комплексла механизацилемелле. Ку ĕç те вăраха кайнă. Хăшпĕр вăрманпромхозсен руководителĕсем оборудовани тата строительство валли укçа-тенкĕ хушса парсан çеç ĕçе комплексла механизацилеме пулать, тесе шутлаççĕ. Ку тĕрĕс мар. Кашни вăрманпромхозăн производствăна пĕтĕмпе механизацилеме мĕн кирли пурте çителĕклĕ, хуçалăх руководителĕсем, инженерсемпе техниксем тата мастерсем пуçарулла пулни çеç кирлĕ.

Малта пыракан вăрманпромхозсенче поток меслечĕпе анлă усă кураççĕ. «Чăвашвăрман» трестĕнче малта пыракан меслетсем çинчен сахал мар калаççĕ, анчах ĕçре çав-çавах улшăнусем çук.

Халăх хуçалăх интересĕсем вăрман промышленноçĕ юлса пынине пĕтерме хушаççĕ. Тăван çĕршыва пĕрене, хăма, шпал тата ытти йывăç материалсем ытларах та ытларах кирлĕ. Вăрманпромхозсем государство планне тултарса пырасси техникăна лайăх ĕçлеттернинчен, производствăна комплексла механизацилениинчен, рабочисем хушшинче социализмла ăмăртăва анлăн сарнинчен килет. «Чăвашвăрман» тресчĕн малта пыракан коллективсемпе производство новаторĕсен опычĕпе ыттисене паллаштармалла, юлса пыракан вăрманпромхозсене техникăлла пулăшу ытларах памалла.

**П. ПЛАТОНОВ.**

## Промкомбинатсемпе артельсене пулăшмалла

Выраnти промышленность предприятийĕсен государство заданийĕсене пурнăçласа пыма, ĕçсыннисем валли куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăларма мĕн кирли пурте çителĕклĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче предприятисем оборудовани чылай туянчĕç, чĕртавар вырăнтах нумай, рабочисен ăсталăхĕ пĕрмай ӳссе пырать.

Ик-виçĕ çул каярах чылай предприятисем тата промартельсем юлса пыратчĕç. Ертсе пыма пуçарулла, ĕçе лайăх пĕлекен работниксене уйăрса лартнă тата организацилле-техникăлла мероприятисем пурнăçланă хыççăн, районти промкомбинатăн, апат-çимĕç комбиначĕн, Сталин ячĕпе, Ватутин ячĕпе тăракан артельсен ĕçĕ пĕртак лайăхланчĕ.

Районти промышленность предприятийĕсем продукци туса кăлармалли плана 1952 çулта 109 процент, кăçалхи пĕрремĕш кварталта 106,9 процент тултарчĕç. Анчах вĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕх пур: плана ассортимент тăрăх тултармаççĕ. План тăрăх Сталин ячĕпе тăракан промартелĕн 10 япала туса кăлармалла. Пĕрремĕш кварталта вăл задание саккăр изделие енĕпе çеç пурнăçларĕ. 1952 çулта артель апă-пушмак тата тумтир юсас тĕлĕшпе япăх ĕçлерĕ. Райпромкомбинат руководителĕсем кирпĕч пахалăхне лайăхлатассишĕн, металран тунă япаласене юсас ĕçе йĕркелессишĕн тимлĕн кĕрешмеççĕ.

Райсовет исполкомĕ вырăнти промышленность предприятийĕсемпе промартельсен ĕçĕпе куллен интересленет, вĕсен руководителĕсен доклачĕсене исполком ларăвĕсенче сӳтсе явать, канашлусем ирттерет, производствăна тĕрĕс йĕркелеме пулăшать. Анчах вырăнти промышленность предприятийĕсемпе промартельсем малалла аталанасси республикăри организацисенчен те сахал мар килет.

Чăваштарпромсоюза пăхăнса тăракан «Ударник» промартель иртнĕ çулхи плана 64 процент çеç тултарчĕ. Кăçал вăл тата япăхрах ĕçлет: пĕрремĕш кварталти плана 55 процент çеç тултарчĕ. План тăрăх артелĕн корзинка, пĕкĕ тата çуртсем çине витмелли турпас туса кăлармалла. Корзинка тума хулă вырăнтах пур, анчах турпас тума Чăваштарпромсоюз вăрман уйăрса памасть. Артель правленийĕн председателĕ Никитин юлташ артелĕн малашлăхне пĕлмест. Чăваштдревпромсоюз «Красный яр» промартеле çителĕксĕр пулăшать. Унăн руководителĕсем тата работникĕсем артельте пулмаççĕ, артель ыйтăвĕсене тивĕçтермеççĕ.

Уйрăм предприятисемпе промартельсем япăх ĕçлени республикăри организацисем производствăна тĕрĕс мар планланинчен, предприятисене специализацилеме тăрăшманнинчен те сахал мар килет. Асăннă «Ударник» промартельпе «Красный яр» промартель иккĕшĕ те пĕр йышши япаласем туса кăлараççĕ, иккĕшĕ те чĕртавар çитменнипе аптраççĕ. Сталин ячĕпе тăракан промартелĕн çĕвĕ çĕлекен пысăк цех пур. Вăл ĕçсыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерме пултарать. Çав вăхăтрах райпромкомбинатăн та çĕвĕ çĕлекен цех пур. Пĕчĕк цехсенче, мастерскойсенче ĕçе механизацилеме хĕн, вĕсем кăткăс оборудованипе тухăçлă усă курма пултараймаççĕ, тупăшлă ĕçлеймеççĕ.

Республикăри Госплан халăха куллен кирлĕ таварсем тата строительство материалĕсем туса кăларас ĕçе малалла аталантарас тĕлĕшпе пуçаруллăрах пулма, вырăнти чĕртаварпа тата ытти паха условисемпе лайăхрах усă курма райсовет исполкомĕсене ытларах пулăшма тивĕçлĕ.

**И. ЖЕЛЕЗНОВ,**
**Етĕрне райисполком председателĕн вырăнти промышленность енĕпе ĕçлекен заместителĕ.**

## Агитаторсене пулăшма

# Перекетлĕх режимĕ—халăх хуçалăхне малалла аталантармалли хăватлă вăй

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пирĕн çĕршывра коммунизм тумалли аслă программăна палăртса пачĕ. Съезд ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсем социализмла экономикăна малалла аталантармалли, совет халăхĕн пурнăçне тата культурине ӳстермелли чаплă малашлăха уçса параççĕ. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн пысăк задачисене пурнăçласси шалти пур резервсене те мобилизацилеме, халăх хуçалăхĕн пур участокĕсенче те перекетлĕх режимне çирĕппĕн пурнăçа кĕртсе пыма хушать.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви яланах: перекетлĕх режимĕ вăхăтлăха пыракан кампани мар, тесе шутланă тата халĕ те çапла шутлаççĕ, вăл хуçалăха ертсе пымалли яланлăха пыракан социализмла меслет пулса тăрать, тесе вĕрентеççĕ. Парти совет çыннисене кирек мĕнле хуçасăрлăха тата тирпейсĕрлĕхе хирĕç те тимлĕ кĕрешме, государство укçа-тенкипе пурлăхне перекетлеме, тирпейлĕ расходлама вĕрентет.

### I.

Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтерни хыççăн малтанхи кунсенчех В. И. Ленин, ĕçсыннисене чĕнсе каласа, çапла çырнă: «Çĕре, тырра, фабрикăсене, ĕç хатĕрĕсене, продуктсене, транспорта куç шăрçине сыхланă пек упрăр, сыхлăр—çак вăхăтран пуçласа вĕсем пурте пĕтĕмпех сирĕн, пĕтĕм халăх пурлăхĕ пулаççĕ», тенĕ (Сочиненисем, 26 том, 266 стр.).

Ленин укçана шутласа тыткалама, хуçалăха шухăшласа, аслă ертсе пыма вĕрентнĕ.

Сталин юлташ перекетлесе пухнă резервсене тĕплĕн шутласа расходлама, халăх укçи пĕр пус та сая каймалла мар тума кирлине темиçе хут та кăтартса панă. 1926 çулта Ленинградри парторганизацин активĕн пухăвĕнче «Совет Союзĕнче хуçалăх ĕçĕсем мĕнле пыни тата парти политики çинчен» тунă докладра Сталин юлташ çакна палăртнă: ССР Союзĕнче çĕршыва индустрилеме тата социализм строительстви çĕнтермелле тума кирлĕ укçа-тенке тупмалли пĕртен-пĕр çăлкуçĕ хамăр çĕршывра перекетлесе пуханакан укçа-тенкĕ çеç пулать, тенĕ. Çав укçа-тенкĕпе тĕрĕс, пĕлсе усă курмалла, перекетлĕх режимне çирĕппĕн пурнăçа кĕртсе пымалла, тенĕ вăл.

Хăйĕн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле произведенийĕнче Сталин юлташ социализмран майĕпен коммунизма куçмалли условисенче хуçалăха тĕрĕс, аслă ертсе пынин пĕлтерĕшĕ пысăккине палăртать. Социализм вăхăтĕнчи хаклăх законĕн ыйтăвне пăхса тухса, Сталин юлташ çапла каланă: «...пирĕн предприятисенче çак ыйтусем: хуçалăх расчечĕпе тупăшлăх çинчен, таварсен хăйне ларакан хаклăхĕ çинчен, хаксем çинчен тăракан ыйтусем т. ыт. те питех те кирлĕ ыйтусем пулса тăраççĕ. Çавăнпа та пирĕн предприятисем хаклăх законне шута илме тивĕç, вĕсем ăна шута илмесĕр ĕçлеме пултараймаççĕ».

Ку вăл лайăх-и? Начар мар. Пирĕн хальхи условисенче ку ĕнтĕ чăнах та начар мар, мĕншĕн тесен çакă вăл пирĕн хозяйственниксене производствăна усăллă та перекетлĕ тытса пыма вĕрентет тата дисциплинăна хăнăхтарать. Начар мар, мĕншĕн тесен вăл пирĕн хозяйственниксене производствăри виçесене шута илме, вĕсене тĕрĕс шута илме вĕрентет, çавăн пекех тата пуçран шухăшласа çăларнă «ориентировочнăй хисепсем» çинчен сӳпĕлтетме мар, производствăри чăн-чăн япаласене тĕрĕс шута илме вĕрентет. Начар мар, мĕншĕн тесен вăл пирĕн хозяйственниксене производствăра курăнмасăр выртакан резервсене тупса çӳреме мар, вĕсене шырама, тупма тата вĕсемпе усă курма вĕрентет. Начар мар, мĕншĕн тесен вăл пирĕн хозяйственниксене производство меслечĕсене тăтăшах лайăхлатса пыма, производствăн хăйне ларакан хакне йӳнетме, хуçалăх расчетне пурнăçа кĕртме тата предприятисене тупăшлăн ĕçлекен тума вĕрентет. Çакă вăл—практикăллă паха шкул, вăл пирĕн хуçалăх кадрĕсен ӳсĕмне тата аталанăвăн хальхи тапхăрĕнче вĕсем социализмла производствăн чăн-чăн руководителĕсем пулса тăрассине хăвăртлатать». («ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем», 20 стр.).

Социализмла строй перекетлĕх режимне çирĕппĕн пурнăçа кĕртсе пыма мĕн кирлине пурне те туса пачĕ. Пирĕн ССР Союзĕнче производство хатĕрĕсем обществăлла, социализмла харпăрлăх пулса тăраççĕ, пирĕн Тăван çĕршыври ĕçсыннисем капиталистсем валли мар, хăйсемшĕн, хăйсен социализмла государствишĕн ĕçлеççĕ. Çавăнпа ĕç, материальнăй тата укçа-тенкĕ ресурсĕсемпе типтерлĕ, перекетлĕ усă курассишĕн пирĕн кашни çын тимлĕн тăрăшать. Совет çыннисем çакна пĕлеççĕ: халăх ырлăхĕшĕн пĕрмай тăрăшасси, унăн материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерессипирĕн партипе правительствăшăн закон пулса тăрать.

Социализмла общество — чи перекетлĕ, чи типтерлĕ общество. Вăл социализмăн экономикăлла тĕп законĕн никĕсĕ çинче аталанать. Социализмăн экономикăлла тĕп законĕн чи паллă уйрăмлăхĕ, Сталин юлташ вĕрентнĕ тăрăх, социализмла производствăна çӳлтĕ тăракан техника никĕсĕ çинче вĕçĕмсĕр ӳстерсе тата лайăхлатса пырса, пĕтĕм обществăн пĕрмаях ӳссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пырасси пулать.

Çак пысăкран та пысăк тĕллеве пурнăçлассишĕн кĕрешсе, хамăр çĕршывра коммунизм ăнăçлăн туса пырса, совет обществи перекетлĕх режимĕ социализмла хуçалăха тытса пырас ĕçре питĕ кирлине шута илет, унпа анлăн усă курать, çĕршыври ĕç вăйне, укçа-тенке тата чĕртаварпа материалсене пур майсемпе те перекетлеме тăрăшать.

Коммунизм тăвас тĕллевпе халăх хуçалăхне план йĕркипе, пропорци йĕркипе аталантармалли законпа усă курса, Совет государстви халăх хуçалăхĕн отраслĕсем хушшинчи пропорцисене план тăрăх улăштарса пырать. Пирĕн государство перекетлĕх режимне пурнăçа кĕртсе тунă социализмла накоплечисене халăх хуçалăхĕн пысăкран та пысăк планĕсене пурнăçлама, коммунизмăн аслă стройкисене тума, наукăна, культурăна, искусствăна малалла аталантарма, пĕтĕм обществăн материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене туллинрех тивĕçтерме ярать.

Капитализмла çĕршывсенче ĕç пачах урăхла. Хальхи вăхăтри капитализмăн тĕллевĕ вăл—пысăкран та пысăк услам илесси. Çавăнпа вăл ĕç вăйне тата производство хатĕрĕсене çав тери тирпейсĕр пĕтерет.

«...Капитализмла производство, — тесе çырнă К. Маркс, — вăл çав тери хытă пулин те, хăйĕн продукчĕсене, сутуилӳ урлă вырнаçтарса пынине тата конкуренци пуррине пула, материальнăй пурлăха çав тери тирпейсĕр расходлать. Кунта çапла пулса пырать: общество мĕн чухлĕ сухатать, уйрăм капиталистсем çавăн чухлĕ усă кураççĕ.» («Капитал». Госполитиздат, 1951 çул, III т., 92 стр.).

Монополилле капитализм вăхăтĕнче, уйрăмах тĕнчери капитализмла системăн пĕтĕмĕшле кризисĕ тарăнланса пынă тапхăрта пурлăха вырăнсăр пĕтерни çапла палăрать: капитализмла çĕршывсенче техникăна аталантарассине юри чарса лартаççĕ, производство хăвачĕсемпе усă курманни час-часах пулать, ĕçсĕрлĕх яланах пулать тата ӳссе пырать, чи пысăк услам илсе тăрассишĕн монополисем миллионшар тонна апат-çимĕçе юриех пăсаççĕ тата пĕтереççĕ.

Капиталистсен класĕ нимĕн ĕç тумасăр, харампырла пурăнни те тирпейсĕрлĕхе кăтартать. Производство орудийĕсем тата хатĕрĕсем хăйсен харпăрлăхĕ пулнипе усă курса, капиталистсем наци тупăшĕн пысăк пайне хăйсен аллине çавăрса илеççĕ, вара çав тупăша хăйсемшĕн кăна тăкаклаççĕ. Çав вăхăтрах рабочи класăн пысăк пайĕ чухăнпурăнать. Капитализмла общество тирпейсĕр пулнине Англипе Америка империалисчĕсем, капиталистла монополисене тата ытларах пуйма май парас тесе, Корейăра вăрçă вăрçма тĕрлĕ материалсем тата ĕç вăйĕ çав тери нумай расходланинчен те лайăх курма пулать.

Капитализм вăхăтĕнче пулакан тирпейсĕрлĕхе социализмла строй пĕтерчĕ. Производство хатĕрĕсем общество, социализмла харпăрлăх пулни халăх хуçалăхне план йĕркипе аталантарма май парать. Пирĕн халăх хуçалăх планĕсем халăх хуçалăхне план йĕркипе, пропорци йĕркипе аталантармалли закон хушнисене тĕрĕс палăртаççĕ, социализмăн экономикăлла тĕп законĕ хушнисемпе пур енчен те килĕшӳллĕ пулаççĕ. Çапла вара çав плансем çĕршыв экономикине, массăсен материальнăй тата культурăллă шайне хăвăрт ӳстерме май пăраççĕ. Çирĕп перекетлĕх режимĕ—советлă экономикăна план йĕркипе аталантармалли меслетĕн уйрăлми енĕ. Социализм капитализмран малта тăни перекетлĕх режимне пурнăçласа пынинчен те нумай килет.

### II.

Сталинла пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх халăх хуçалăхне çĕнĕрен пысăк хăвăртлăхпа аталантарма палăртать. Партин XIX-

# Хамăр республикăра

## Çĕнĕ кĕнекесем

Çак кунсенче И. В. Сталин юлташăн «Российăри социал-демократла рабочи партин Лондонри съезчĕ (делегат çырса пынисем)» тата «Социал-демократа панă ответ» ятлă произведенийĕсем чăвашла пичетленсе тухрĕç. Вĕсене книготорг магазинĕсенче сутма тытăннă. Кĕнекесен тиражĕ 5.000-шер экземпляр.

• • •

Чăваш АССР государство издательстви çак кунсенче В. И. Ленинăн «Совет влаçĕн черетри задачисем», «Ялти чухăнсене» ятлă произведенийĕсене, чăвашла пичетлесе кăларса, книготорг магазинĕсене сутма пачĕ. Кĕнекесем 5.000-шер экземпляр пичетленсе тухнă.

## Çулсене юсаççĕ

СЕНТĔРВĂРРИ, майăн 18-мĕшĕ. (Телефонпа). Ĕнер хулари çулсене юсамалли массăллă воскресник пулса иртрĕ, Ĕçсыннисем Ленински урамри çула, Нагорнăй урама тата çу завочĕ патне пымалли çула юсарĕç, çул çине чул сарчĕç. Шăматкун хулари комсомолецсем Ленински садра 700 тĕп йывăç лартрĕç.

Воскресника уйрăмах «Социализм» артель членĕсем, райпотребсоюзра, вăрман хуçалăхĕнче, Госбанк уйрăмĕнче, ача садĕнче, çу заводĕнче ĕçлекенсем активлă хутшăнчĕç.

Воскресник организацилес тĕлĕшпе хула Совечĕн депутачĕсем Фоминых, Разумов, Алексеев юлташсем, райсовечĕн депутачĕ Шипунов юлташ, урам комитечĕн председателĕ Уткина юлташ уйрăмах тăрăшса ĕçленине палăртас пулать.

**П. ЖИЛОЧКИН,**
**Сĕнтĕрвăрри хула Совечĕн исполком председателĕ.**

• • •

ИШЛЕЙ. Жданов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçалхи çул-йĕр строительстви планне срокчен пурнăçлама обязательство илнĕ. Халĕ колхозниксем чул кăлараççĕ. Вĕсем Тăвай районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем тата çул-йĕр работникĕсем 1953 çулхи çул-йĕр ĕçĕсен планне срокчен тултарма Чăваш республикинчи колхозниксемпе çул-йĕр работникĕсене чĕнсе калани ырлаççĕ.

Амăртура 5-мĕш бригада малта пырать. Ку бригада чул кăларма панă задание икĕ кун хушшинче тултарнă, çул хĕррине турттарма тытăннă.

**И. ВАСИЛЬЕВ.**

• • •

ВĂРНАР. Апнерти Жданов ячĕпе тăракан колхоз кăçалхи çул-йĕр строительствинче пысăк ĕçсем туса иртерме палăртнă. Çул çинче ĕçлеме уйрăм бригада тунă. Ăна Г. Иванов колхозник ертсе пырать.

Халĕ бригада Калининăпа Вăрнар хушшинчи çула юсать. Кунта куллен 35 çын çуран, 4 çын лавпа ĕçлет. Автомашинăпа строительство материалĕсем турттараççĕ.

Колхозниксем пĕр-перинпе ăмăртаççĕ. М. Федорова, В. Петрова, Х. Алексеева, Х. Молостова юлташсем тата ыттисем те ĕç нормине куллен иртерсе тултараççĕ.

**Н. МИХАЙЛОВ.**

## Смотр ирттернĕ

СОВЕТСКИ. Районта художествăлла пултарулăх коллективĕсен смотрĕ вĕçленнĕ. Смотрта пĕрремĕш вырăна Киров ячĕпе тăракан колхозри хор, иккĕмĕш вырăна Тури Ачакри хор, виççĕмĕш вырăна Якаткассинчи драма коллективĕ тухрĕç.

Халĕ ку коллективсем районти ака туйĕнче юрăсем юрласа пама хатĕрленеççĕ.



Атăл леш енчи илемлĕ вырăнта—Кувшинкăра «12 лет Чувашии» ятлă канмалли çурт пур. Кунта хамăр республикăри тата Тутар АССР-ĕнчи промысла коопераци артелĕсенче ĕçлекенсем канаççĕ. Майăн 15-мĕшĕнче канмалли çурта кăçалхи сезонта канакансен пĕррремĕш ушкăнĕ килнĕ.

**УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ:** Кувшинкăри канмалли çуртра. Сулахайран сылтăмалла: З. Белова (Шупашкар хулинчен), В. Никандров (Канаш хулинчен), Е. Романова (Красноармейски районĕнчен), Н. Никеров (Канаш хулинчен), Н. Ярушкина (Сĕнтĕр районĕнчен).

П. ЕФРЕМОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Ял Совет бюджечĕ пурнăçланать

МУРКАШ. Районти малта пыракан ял Совечĕсем иккĕмĕш кварталта укçа-тенкĕ пухмалли плана ăнăçлă тултарса пыраççĕ. Ку енĕпе Шĕвĕш, Тивĕш, Муркаш, Çатракасси тата Шетмĕпуç ял Совечĕсем лайăх ĕçлеççĕ.

Муркаш ял Совечĕ финанс планне çулсерен ăнăçлă тултарса пырать. 1952 çулта укçа-тенкĕ пухмалли плана 105,1 процент тултарнă. Çавна май ял бюджетне 123,9 процент пурнăçларĕ. Финанс планне иртерсе тултарни колхозлă ялта культурăпа благоустройство тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса иртерме май пачĕ. Ялти шкул çуртне юсаттарнă. Самообложени укçипе икĕ кĕпер, çичĕ çăл тунă. Çак ĕçсене тума ял Совечĕ хăйĕн бюджетĕнчен 11.512 тенкĕ укçа панă.

Укçа-тенкĕ пухас ĕçе ял Совечĕ кăçал та ăнăçлă туса пырать. Пĕррремĕш квартал планне 111,7 процент тултарнă. Ял бюджетне пĕррремĕш кварталта 26,7 процент пурнăçланă. Ял Совечĕ, финанс ĕçĕнче мала тухса, райсовет исполкомĕпе парти райкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Укçа-тенкĕ пухас ĕç мĕнле пулса пыни çинчен кашни квартал вĕçĕнчех ял Совечĕ сессире сÿтсе явать. Ĕç ерипен, начартарах пырсан, çак ыйтăва квартал вĕçленессине кĕтмесĕрех сессире е исполком ларăвĕнче пăхса тухаççĕ, ĕçе лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнаççĕ.

Ял Совечĕ колхозри парторганизаципе яланах тачă çыхăнса ĕçлет. Вăл пулăшнипе ял Совечĕ таврa ялти актива тачă пĕтĕçтернĕ. Активистсем хушшинче — коммунистсемпе комсомолецсем, учительсем, колхоз производствинче малта пыракансем.

Укçа-тенкĕ пухас тĕлĕшпе организацилле-массăлла ĕçе туса пыма ял Совечĕ финанспа бюджет комиссийĕ активлă пулăшать. Комисси председателĕ Г. Скворцов депутат халăх шанăçне тÿрре кăларассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлет. Комисси членĕсем укçа-тенкĕ пухас ĕçпе куллен интересленеççĕ. Çитменлĕхсем палăрсан, çийĕнчех комиссире пăхса тухса, кирлĕ мерăсем йышăнаççĕ. Комисси хăйĕн сĕнĕвĕсене ял Советĕнче сÿтсе явма тăратать. Комисси финанс ĕçĕнчи лайăх опыта сарма тăрăшать.

Ял Совечĕн сессийĕ йышăннă решенисене депутатсем ĕçсыннисене ăнлантарса пама тăрăшаççĕ. Ку тĕлĕшпе В. Федоров, К. Павлинов, М. Чернов, Е. Андреев тата М. Оньков депутатсем уйрăмах пултарулă ĕçлеççĕ. Вĕсем укçа-тенкĕ пухас ĕçе те манмаççĕ. Сăмахран, Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Е. Андреев депутат колхозăн государство умĕнчи обязательствисене вăхăтра пурнăçлама тăрăшать. Колхоз бригадирĕ М. Оньков депутат хăйĕн бригадинчи колхозниксем парăмсене мĕнле тÿленине тăтăшах тĕрĕслесе тăрать, тÿлевсене вăхăтра парса татнин пĕлтерĕшĕ çинчен колхозниксем хушшинче калаçусем иртерет. Сталин ячĕпе тăракан колхозри партбюро секретарĕ З. Магаев депутат укçа-тенкĕ пухас ĕçе организацилеме нумай пулăшать.

Организацилле-массăлла ĕçе тата агитаци ĕçне куллен туса пыни колхозниксен ăнланулăхне, вĕсен Тăван çĕршыв умĕнчи ответлăхне ÿстерме пулăшать.

Муркаш ял Совечĕ Чуманкасси тата Оринино ял Совечĕсемпе ăмăртса ĕçлет, ăмăртура малта пырать.

**И. АНИСИМОВ.**

## Ялхуçалăх тата хатĕрлев ĕçĕнчи рабочисемпе служащисен профсоюз обкомĕн пленумĕ

Çак кунсенче МТС-семпе çĕрĕç органĕсенче тата çăнăх авăртакан промышленность предприятийĕсенче ĕçлекенсен профсоюз обкомĕсен пĕрлехи пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум ялхуçалăх тата хатĕрлев ĕçĕнчи рабочисемпе служащисен профсоюзне туса хурас ыйтăва пăхса тухрĕ.

Пленум ялхуçалăх тата хатĕрлев ĕçĕнчи рабочисемпе служащисен профсоюз обкомĕн президиумне 7 çынтан суйларĕ. Профсоюз обкомĕн председателĕ пулма Н. Д. Светлов юлташа, профсоюз обкомĕн секретарĕ пулма М. Е. Соловьев юлташа суйланă.

## Районти хаçатсенчен

### ÇĔНĔ МАШИНĂСЕМ

Хĕрлĕ Чутайри машина-трактор станцийĕ çĕнĕ машинăсемпе пуянлансах пырать. Çак кунсенче 6 самоходнăй комбайн тата 4 сеялка илсе килнĕ.

(«Сĕнтĕрÿ çулĕ»).

### ЯЛТИ ПРОПАГАНДИСТСЕН СЕМИНАРĔ

КПСС Сĕнтĕр райкомĕн библиотекинче ялти штатра тăман пропагандистсен семинарĕ пулса иртрĕ.

Семинарта КПСС райкомĕн секретарĕ М. Комаров юлташ «И. В. Сталинăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă генилле ĕçĕ» темăпа лекци вуласа пачĕ. КПСС райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕн заместителĕ С. Пакушкина юлташ политшкулсемпе кружоксенче итоглă занятисене ирттересси çинчен доклад турĕ.

(«Ĕç ялавĕ»).

### ÇĔНĔ ÇĔРЕ КУÇСА КАЙРĔÇ

Элĕк районĕнчи Писенер, Вырăс Сурăм, Ураскилт тата Тукташ ял Совечĕсенчи колхозсенчен Красноярск крайĕнчи колхозсенче тата Молотов облаçĕнчи вăрман промышленноçĕнче ĕçлеме нумаях пулмасть 10 хуçалăх куçса кайрĕç. Колхозниксем çĕнĕ çĕрте лайăх вырнаçни çинчен çырса пĕлтереççĕ, хăйсене лайăх условисем туса панăшăн партипе правительствăна чĕререн тав тăваççĕ.

(«Колхоз хаçачĕ»).

### ЙЫВĂÇСЕМ ЛАРТНĂ

Комсомольски районĕнчи колхозсем уйхирте вăрман тăрăхĕсем тума йывăçсем лартса хăвараssишĕн тăрăшаççĕ.

«Правда» колхозри Н. Тяканов юлташ ертсе пыракан бригада 2 гектар çĕр лаптăкĕ çине акаци тата тополь лартса хăварчĕ. Çавăн пекех «Знамя коммунизма» колхоз 2 гектар, «Красная звезда» колхоз 3 гектар, Берия ячĕпе тăракан колхоз 2 гектар çине йывăç лартнă.

(«Октябрь ялавĕ»).

### АГРОЗООТЕХНИКА КУРСĔСЕНЧИ ЭКЗАМЕНСЕМ

Муркаш районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри зоотехника группинче вĕренекенсем экзамен тытрĕç. Группăна А. Казанов зоотехник ертсе пынă. Вĕренекенсем программăра кăтартнă материалсене лайăх ăнланнине палăртрĕç. Группăран 30 çын вĕренсе тухса иккĕмĕш разрядри мастер ятне илчĕç. Уйрăмах Т. Васильев, П. Анисимов, В. Максимов, Л. Трифонова, Г. Иванова юлташсем лайăх тĕслĕхсем кăтартрĕç.

(«Колхозник сасси»).

## Кĕскен

☆ **Институтри радиоузел.** Чăваш педагогика институтĕнче иртнĕ кĕркунне радиоузел тунă. Радиоузел юлашки хыпарсем, концертсем парать. Вĕренÿ отличникĕсем хăйсен опычĕ çинчен каласа кăтартаççĕ, çамрăк поэтсем хăйсен сăввисене вулаççĕ.

☆ **Ыйтусемпе ответсен каçĕ.** Ишлейри культура çуртĕнче ыйтусемпе ответсен каçне иртерчĕ. Вечера пынисене Сурикова врач нумай ыйтусене тĕплĕн ăнлантарса пачĕ.

☆ **Активлă вулакансем.** Пăрачкаври район библиотекинчен 1.650 çын кĕнекесем илсе вулать. Я. Флегонтов, 70 çулхи П. Гунин, И. Воракин юлташсем 20 çул ытла ĕнтĕ çак библиотекăран кĕнекесем илсе вулаççĕ. Библиотека работникĕсем вулакансемпе куллен çыхăну тытаççĕ, вĕсене кирлĕ кĕнекесем тупма пулăшаççĕ.

## Чирлĕ çынсене сыватасси—хисеплĕ ĕç

Палатăсенче çутă та ăшă. Шап-шурă минтерсем тата никельпе витнĕ койкăсем хитрен курăнаççĕ. Пÿлĕмсене тăтăшах уçăлтараççĕ, таса тытаççĕ. Кĕскен каласан, Шупашкарти больницăпа поликлиника пĕрлешĕвĕн уйрăмĕнче чирлĕ çынсем валли лайăх условисем туса панă.

Врачсемпе сестрасем хăйсен ĕçне юратса тăваççĕ, чирлĕ çынсен сывлăхĕшĕн тăрăшаççĕ. Уйрăмах Анастасия Васильевна Баранова врач тăрăшса ĕçленине палăртас пулать. Вăл ĕçри хăйĕн ÿсĕмĕсемпе лăпланса лармасть, хăйпе пĕрле ĕçлекен ытти работниксене пулăшать, хăйĕн квалификацине малалла ÿстерессишĕн тăрăшать. Анастасия Васильевна чирлĕ çынсене сыватас ĕç мĕнле пынине куллен асăрхаса тăрать. Ăна кунта канмалли кунсенче те тăтăшах курма пулать. Вăл палатăсене пырса çÿрет. Чирлĕ çынсем мĕнле канни, камăн мĕн ыратать, сыватас ĕçе медицина работникĕсем мĕнле тăваççĕ—çаксемпе пуринпе те интересленет Анастасия Васильевна.

Баранова юлташ—опытлă врач. Вăл чирлĕ çынсене пур енчен те тĕпчесе пĕлет, час-часах ытти специалистсемпе канашлать, вĕсен паха сĕнĕвĕсене шута илет. Чăваш АССР Сывлăх Министерствин главнăй терапевчĕ, РСФСР тава тивĕçлĕ врачĕ, медицина наукисен кандидачĕ П. Осипов юлташпа невропатолог Л. Сыркина юлташ панă консультацисене Баранова яланах хапăл туса йышăнать, хăйĕн ĕçĕнче вĕсем калана пек тума тăрăшать.

А. Барановăна чирлĕ çынсем чĕререн тав тăваççĕ, ăна малашне те тата та лайăхрах ĕçлеме ырă сунаççĕ. Шупашкарти чăлха фабрикинчи Р. Воробьева сортировщица çапла калать: манăн сывлăха тĕпченĕ ытти пур врачсенчен малтан Анастасия Васильевна тĕрĕс диагноз пачĕ. Ун хыççăн мана кирлĕ пек сыватма тытăнчĕç.

Халĕ Р. Воробьева сывлăхĕ чылай лайăхланнă. Вăл кĕçех больницăран сывă тухать.

В. Петрова врач та хăйĕн ĕçне юратса тăвать. Вăл стационарта сывалакан çынсене те, амбулаторие пыракансене те ăшă кăмăлпа кĕтсе илет. Аслă сестра Бугаева юлташ, сестрасем—Бурцева, Леонтьева, Веселовцева, Захарцева юлташсем тата Григорьевăпа Пичужкина санитаркăсем те хăйсене шанса панă ĕçе тÿрĕ кăмăлпа туса пыраççĕ. Григорьева санитарка 15 çул, Пичужкина санитарка 12 çул больницăра ĕçлеççĕ.

Больницăра çитменлĕхсем те пур-ха: кивелнĕ халатсемпе пижамăсем тĕл пулкалаççĕ. Кун çинчен Шупашкарти больницăпа поликлиника пĕрлешĕвĕн главнăй врачĕ И. Сидnев юлташ лайăх пĕлет. Анчах çĕнĕ халатсем илсе килме тăрăшмасть.

Асăннă çитменлĕхсене çăмăллăнах пĕтерме пулать. Вĕсене пĕтерессе шансах тăратпăр.

**И. ПРОХОРОВ.**

## Санитари минимумĕн кружокĕсем çинчен

Совет çĕршывĕнче ĕçсыннисен пурнăçĕ лайăхланса тата культури ÿссе пырать. Совет наукин çĕнĕ çитĕнĕвĕсем ĕçсыннисен сывлăхне çирĕплетме нумай пулăшаççĕ. Халăх сывлăхне сыхлас енĕпе чылай ĕçсем туса иртерни çынсем чирлессине чакарма, çав вăхăтрах чирлисене лайăх тата хăвăрт эмеллеме май парать.

Çавăн пек ĕçсенчен пĕри халăха санитарипе гигиена правилисене вĕрентни пулать. Сăмахран, Шупашкарта санитари минимумне вĕренме курссемпе кружоксем чылай организациленĕ. РОКК-ăн вырăнти комитечĕсем çумĕнче «ГСО» тата «БГСО» значокĕсене илме хатĕрлекен кружоксем ĕçлеççĕ. Курссемпе кружоксен занятийĕсене опытлă врачсем иртереççĕ.

Курссемпе кружоксенче пурте тăрăшса вĕренеççĕ, кашниех конспектсем çырса пыраççĕ. Вĕрентекен врачсем медицинăри йывăртарах терминсене вĕренекенсене ăнланмалла чĕлхепе, практикăлла ĕçсемпе çирĕплетсе ăнлантарса параççĕ. Курссемпе кружоксенче вĕренсе пĕтериччен темиçе хутчен те медицина темипе ÿкерне диафильмсем кăтартаççĕ. Çавăн пек ăнлантару хыççăн вĕреннĕ материал тата лайăххрах çирĕпленсе юлать.

Санитари минимумĕн курсĕсенчен санитарнăй уполномоченнăйсем вĕрентсе кăлараççĕ.

Хальхи вăхăтра Шупашкар хулинче апат-çимĕç, суту-илÿ предприятийĕсенче ĕçлекенсем валли санитари минимумĕн курсĕсем уçăлнă. Санитарнăй уполномоченнăйсем хатĕрлес енĕпе уйрăмах А. Воробьевăпа А. Кузовенкова врачсем тăрăшса ĕçлеççĕ. Вĕсем тата ытти врачсем кăçал темиçе уйăх хушшинче макаронпа кондитерски фабрикăсенче, ытти учрежденисемпе предприятисенче ĕçлекенсене пурĕ 211 çынна ытла курссенчен вĕрентсе кăларнă. Пĕррремĕшпе вăтăр тăххăрмĕш номерлĕ магазинсенче ĕçлекенсем пурĕ 60 çын кăнтăрлахи апат вăхăтĕнче хăйсен пĕлÿлĕхне ÿстерме занятисем иртереççĕ. Кашни занятие ĕçлекенсем йышлăн пухăнаççĕ.

Санитари минимумне 14 сехетлĕ программа тăрăх коммунальнăй çуртсен управляющийĕсемпе дворниксем вĕренеççĕ. Вĕсем занятисене яланах пĕр сиктермесĕр çÿреççĕ.

Хула совет исполкомĕпе санитарно-эпидемиологически станци тунă план тăрăх электроаппаратура заводĕнче, пиравăр комбиначĕнче тата обществăлла апатлану предприятийĕсенче ĕçлекенсемпе санитари минимумне вĕренмелли занятисем ирттермелле. Анчах та хăшпĕр организацисем, сăмахран, столовăйсемпе ресторансен трестĕ, санитари минимумĕн кружокĕсем тăвас, вĕсенче хăйсен работникĕсене вĕрентес ĕçе тивĕçлипе хакламаççĕ. Хăшпĕр хуçалăхла организацисен руководителĕсем санитарнăй уполномоченнăйсем вĕрентсе кăларма вăхăтра договор тума тăрăшмаççĕ.

Санитари минимумне вĕрентес ĕçе хакламасăр тăрас йăлана пĕтерес пулать.

**Е. ТИМОФЕЕВА.**

## Сăнавлă ĕçсем

Тир-сăран промышленноçĕ çултан-çул ÿссе пынă май халăх хуçалăхне таннид нумай кирлĕ. Çĕмĕрлери экстракт тăвакан «Большевик» завод продукци нумайрах туса кăларма, çĕнĕ йышши чĕртаварсене тĕпчесе пăхма тăрăшать. Вăл сăнав тăвас майпа Крымпа Кавказран кÿрсе килнĕ скумпий ятлă йывăç çулçисенчен, эвкалипт ятлă йывăç хуппинчен, Ленинград облаçĕнчен кÿрсе килнĕ кипрей тата лабазник ятлă курăксенчен, Çĕпĕртен кÿрсе килнĕ бадан çулçисемпе тымарĕнчен экстракт туса пăхрĕ.

Инçетри хĕвелтухăçĕнче чернильнăй мăйăр ятлă ÿсентăран ÿсет. Завод çак ÿсентăрантан чылай экстракт туса кăларчĕ.

Бадан пирĕн таврара мĕнле ÿссе аталаннине сăнаса пăхма завод ятарласа плантаци тунă.

**И. ЕВГЕНЬЕВ.**

---

мĕш съезчĕ йышăннă директивăсенче 1951—1955 çулсенче, 1946—1950 çулхипе танлаштарсан, промышленноçа тата ялхуçалăхне икĕ хута яхăн, транспорта тата сыхăну ĕçне 63 процента яхăн нумайрах укçа-тенкĕ хывма палăртнă. Халăх хуçалăхне укçа-тенкĕ хывасси ÿсни мĕнпур совет патриочĕсене шалти ресурссене мобилизацилес, перекетлĕх режимне пурнăçлас тĕлĕшпе тимлĕн ĕçлеме хушать.

Перекетлĕх режимне пурнăçламалли, производствăри курăнман резервсене мобилизацилемелли тĕп мелсем çаксем пулаççĕ: производство хăвачĕсемпе чи туллин усă курни, производство меслечĕсене тăтăшах лайăхлатса пыни, производствăн хăйне ларакан хакне йÿнетни, хуçалăх расчетне пурнăçа кĕртни, материалсене перекетлени, брака хирĕç кĕрешни тата ытти те.

Перекетлĕхĕн тĕп çăлкуçĕсенчен пĕри вăл—çĕнĕ, малта тăракан техникăпа усă курни, техникăна пĕрмаях çĕнетсе лайăхлатса пыни, кивĕ машинăсем вырăнне çĕннисене, çĕннисем вырăнне чи çĕнĕ машинăсем вырнаçтарса лартни. Сталин юлташ çапла кăтартса панă: СССР Союзĕнче машинăсем обществăн ĕçĕпе вăйне перекетлеççĕ, рабочисен ĕçне çăмăллатаççĕ. Çавăнпа СССР Союзĕнче машинăсемпе хăвассăн усă кураççĕ. Капитализмла çĕршывсенче вара машинăсемпе çавăн пек усă курни çук.

Рабочисем, инженерсемпе техниксем хăйсен культурăлла тата техникăлла пĕлĕвне тăрăшса ÿстереççĕ, социализмла ăмăртăва вăйлатса пыраççĕ, çавна пула техникăна алла илес, производство хăвачĕсемпе усă курас тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем тăваççĕ. 1952 çулта хура металлургинче домна вăмакисен усăллă калăпăшĕпе, 1951 çулхипе танлаштарсан, 5 процент лайăхрах усă курнă; мартен кăмакисен кашни тăваткал лаптăкĕнче виçĕ процент ытларах хурçă шăратса кăларнă; нефть промышленноçĕнче çĕре пăраласа шăтарасси, 1951 çулхипе танлаштарсан, тăватă процент хăвăртланнă; «Донбасс» çĕр кăмрăк комбайнĕсен тухăçлăхĕ ÿснĕ; пир-авăр, çăм, пурçăн тата трикотаж промышленноçĕнче тата ыттисенче те оборудованипе лайăхрах усă курма тытăннă.

Анчах промышленноçăн хăшпĕр пайĕсенче производство хăвачĕсемпе япăх усă кураççĕ. Сăмахран, «Ворошиловградуголь» комбинатра 1952 çулта проектра палăртнă хăватпа 63,5 процент, «Кадиевуголь» трестра—46,2 процент çеç усă курнă. Шахтăсен хăвачĕсемпе лайăхрах усă курни çĕр кăмрăкĕ нумай ытларах кăларма май парать.

Перекетлĕхĕн паллă çăлкуçĕсенчен пĕри—производство меслечĕсене çĕнетсе лайăхлатса пыни. Вăл шута пуринчен малтан металл хăвăрт шăратмалли, метала пысăк хăвăртлăхпа касса якатмалли, строительство ĕçĕсене хăвăртлатмалли, шахтăсемпе нефть скважинисене хăвăрт тумалли, нумай груз тиенĕ поездсем илсе çÿремелли мелсене пурнăçлани кĕрет. Ĕçе хăвăртлатмалли мелсене массăллăн пурнăçа кĕртни продукци туса кăларассине татăклăн ÿстерме, государство çирĕплетсе панă плансене иртерсе тултарса пыма, материалсемпе ĕç вăйĕ расходлассине чакарма, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетме май парать.

Поток меслечĕпе усă куракан предприятисем государство ресурсĕсене нумай перекетлеççĕ. Производствăна организацилемелли çав малта пыракан меслетсем ĕç тухăçлăхне ÿстерме, техникăпа лайăхрах усă курма, продукци нумай ытларах туса кăларма, продукци пахалăхне лайăхлатма, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетме май параççĕ.

Предприятисем пĕр тикĕс, график тăрăх ĕçлени, ĕçе тата ĕç вырăнне лайăх йĕркелени, Уралти машинăсем тăвакан заводсенчи Олейников, Поздеев, Быков т. ыт. юлташсен примерĕпе новаторсен комплекслă опытне пурнăçа кĕртни — производствăна çĕнетсе лайăхлатмалли меслет пулаççĕ.

Производство техникине çĕнетсе лайăхлатнине, производство хăвачĕсемпе усă курмалли мелсене пурнăçа кĕртнине ĕç тухăçлăхĕ ÿснинчен пĕлме пулать. Ĕç тухăçлăхĕ ÿсни промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакне тата строительство хакне йÿнетет, производство процесĕнче пысăк перекетлĕх тума май парать.

III.

Материалсене типтерлĕ расходлани — перекетлĕх режимне пурнăçламалли чи пысăк, чи кирлĕ услови. Чĕртавар, тĕп материалсемпе ытти материалсем, топливо, электроэнерги, инструментсем, тĕрлĕ хатĕрсем сахалтарах пĕтерни кашни предприятире государство укçи-тенкине нумай перекетлеме май парать. Материалсене перекетлени обществăн ĕç тухăçлăхне ÿстерет.

Мускав хулинчи Сталин ячĕпе тăракан автомобильсем тăвакан заводра çулталăк каялла кашни издели пуçне металл сахалтарах расходлассишĕн ăмăрту пуçланнă. Çавна пула кашни «ЗИС-150» автомашина пуçне 40,15 килограмм, «ЗИС-151» машина пуçне—50,5 килограмм хура металл тата тĕслĕ металл перекетленĕ. Иртнĕ 1952 çулта завод 10,5 миллион киловатт-сехет электроэнерги, 13 пин тонна топливо перекетленĕ.

Сухатусене тата усăсăр тăкаксене пĕтерни перекетлĕхĕн пысăк çăлкуçĕ пулать. 1951 çулта союзлă министерствăсене пăхăнса тăракан предприятисенче сухатусемпе усăсăр тăкаксем 4,9 миллиард тенкĕ çитнĕ, вăл шутра брак тунине пула 3 миллиард тенкĕ сиен курнă. Çавăнпа брака хирĕç, брак пуласси сăлтавĕсене хирĕç кĕрешессин пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк.

Обуховăри Ленин ячĕпе тăракан пустав фабрикинчи паллă ткачиха Нина Амельченкова продукци сортлăхне ÿстерес тĕлĕшпе ăмăртса ĕçлеме сĕннĕ. Продукци пахалăхне лайăхлатас, брака чакарас тĕлĕшпе çак пуçарăвăн пĕлтерĕшĕ пысăк. Н. Амельченкова хăшпĕр йышши пир-авăр стандарчĕсенче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртнă, продукци пахалăхне лайăхлатма сĕннĕ.

Перекетлĕх режимне строительствăра япăх пурнăçа кĕртеççĕ. Кунта материалсене расходлас ĕçре сухатусем нумай пулаççĕ, механизмсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ, ĕç тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ, накладной расходсем пысăк.

Ялхуçалăхĕнче те пысăк сухатусемпе усăсăр тăкаксем нумай. Чылай МТС-семпе совхозсенче машинăсемпе тракторсене çителĕксĕр управççĕ, çавна пула ялхуçалăх машинисем вăхăтсăр юрăхсăра тухаççĕ, машинăсене юсаса ытлашши нумай укçа-тенкĕ пĕтереççĕ, горючипе çу нормăран иртерсе расходлаççĕ. Çаксем вĕсем пурте тракторсемпе тăвакан ĕçсене хаклăлатаççĕ. Нумай МТС-сенче, колхозсенче тата совхозсенче ĕçе япăх йĕркеленине пула тырă нумай тăкаланать, колхозсен пурлăхне çителĕксĕр упраççĕ. Япăх пăхнипе пула колхозсенче вылăх чылай вилет.

Ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлес, сыхласа усрас тата вырнаçтарас ĕçре, суту-илÿ организацийĕсен тавар çаврăнăшĕнче тăкаксем пысăк. Администрципе управлени расхочĕсем халĕ те питĕ пысăк-ха.

Халăх хуçалăхĕн пур пайĕсенче те материалсене, укçа-тенкĕ, ĕç вăйне ытлашши расходлани ертсе пыракан нумай работниксем перекетлĕх режимĕ çинчен маннине, государство укçа-тенкипе тата материалĕсемпе тĕрĕс, пĕлсе усă курассишĕн, хăйсем ертсе пыракан предприятисемпе учрежденисен финанспа хуçалăх ĕçне лайăхлатассишĕн тимлĕн кĕрешменнине пĕлтерет. Парторганизацисем çавăн пек çитменлĕхсене курмаççĕ, руководительсен йăнăшне тÿрлетмеççĕ.

Перекетлĕх режимĕшĕн кĕрешессин ăнăçлăхĕ ĕçсыннисем хăйсен производствăри ĕçĕ çине ăнланса пăхнинчен, вĕсем халăхăн кашни пус укçине типтерлĕ усрама пĕлнинчен килет.

«Кашни рабочи, кашни тÿрĕ кăмăллă хресчен,—тесе вĕрентет И. В. Сталин,—партипе правительствăна перекетлĕх режимне пурнăçа кĕртме, государство резервĕсене вăрласа салатассине хирĕç кĕрешме, вăрăсемпе мошенниксене, вĕсем кирек мĕнле майпа пытанса юлма хăтланаççĕ пулин те, хăваласа кăларма, пирĕн государство аппаратне сыватса лайăхлатма тата йÿнетме пулăштăр». (Сочиненисем, 8 т., 140 стр.).

Перекетлĕх режимĕ хуçалăх расчетне пурнăçа кĕртес ĕçпе таччăн çыхăнса тăрать. Хуçалăх расчечĕ хуçалăх планĕсене тултармалли тата иртерсе тултармалли питĕ кирлĕ вăй пулса тăрать, çавăнпа пĕрлех вăл производствăра пысăк перекетлĕх тума пулăшакан чи лайăх формăсенчен пĕри пулса тăрать.

Пысăк перекетлĕх тума заводри хуçалăх расчечĕ нумай пулăшать. Вăл предприятин пур участокĕсенче те хуçалăха типтерлĕ, перекетлĕ тытса пыма, материалсемпе укçа-тенкĕ мĕн чухлĕ пĕтернине, кам мĕнле ĕçленине тĕрĕс шута илсе тăма май парать. Заводри хуçалăх расчечĕ плана тултарассишĕн, перекетлĕхшĕн, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн, ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн, производство хăвачĕсемпе лайăхрах усă курассишĕн рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен творчествăлла пуçарулăхне анлăн сарма çул уçса парать.

Перекетлĕх режимĕшĕн кĕрешесси—государствăн пысăк ĕçĕ. Парти, комсомол тата профсоюз организацийĕсем совет çыннисене тирпейсĕрлĕхе хирĕç кĕрешме воспитани пама тивĕçлĕ. Вĕсен халăх пурлăхне упрама пĕлмен çынсене хирĕç общественноçа мобилизацилемелле.

Перекетлĕх режимĕ—хуçалăха социализмла ертсе пымалли меслет. Перекетлĕх режимне пурнăçа çирĕп кĕртсе пырса, Совет государстви, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче совет экономикин пур пайĕсене те аталантарас, совет халăхĕн материальнăй тата культурăлла шайне хăпартас тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем турĕ. Хальхи вăхăтра перекетлĕх режимĕ хамăр çĕршывра коммунизм тумалли чи кирлĕ условисенчен пĕри пулса тăрать.

**М. ДЕМЧЕНКО,**
**Экономикăлла наукăсен кандидачĕ.**

## Венгрири халăх фрончĕн çĕнтерĕвĕ

БУДАПЕШТ, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер центральнăй суйлав комиссийĕ Венгри Халăх Республикин Государство пухăвĕн суйлавне ирттерни çинчен пĕлтерне. Сасăламалли правăпа усă куракан 6.501.869 çынтан суйлава 6.370.519 суйлавçă хутшăннă (пĕтĕм суйлавçăсенчен 98 проценчĕ). Халăх фрончĕн кандидачĕсемшĕн 6.256.653 суйлавçă (98,2 процент) сасăланă. Халăх фрончĕн кандидачĕсене хирĕç 61.257 çын сасăланă. 52.609 бюллетене тĕрĕс мар тесе йышăннă.

20 суйлав округĕнче пĕтĕмпе 298 депутат тата 155 кандидат суйланă.

БУДАПЕШТ, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). «Сабад неп» хаçат ĕнер Венгри Халăх Республикинче Государство пухăвне суйлании малтанхи итогĕсене пичетлесе кăларнă.

Будапешт хулинчи чылай районсенче 13 сехет тĕлне сасăласа пĕтернĕ. Ытти нумай вулăсенче ялсенче те ирех сасăлама пынă. Боршод комитетĕнчи Шомшай салинчи суйлавçăсем ирхине 7 сехет те 15 минут тĕлне сасăласа пĕтернĕ. Пилĕк уездра кăнтăрлаччен сасăласа пĕтернĕ. Мишкольц хулинче кăнтăрла иртсен 3 сехет тĕлне суйлавçăсенчен 93,2 проценчĕ сасăланă. Хевеш комитетĕнчи 83 ялта 13 сехет тĕлне мĕнпур суйлавçăсем сасăланă.

## Румынири рационализаторсен юхăмĕ

БУХАРЕСТ, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Румынири ĕçсыннисем халăх демократи стройне тĕреклетессишĕн хăйсен пĕтĕм вăйне хурса ĕçлеççĕ. Çакăн çинчен, сăмахран, Румыни Халăх Республикинчи предприятисемпе стройкăсенче рационализаторсемпе изобретательсен юхăмĕ вăйланса пыни калать.

Орадя хулинчи атă-пушмак фабрикинче иртнĕ çул рабочисем пĕтĕмпе 120 рационализаторла сĕнÿ панă. Кăçалхи виçĕ уйăх хушшинче вĕсем çĕнĕрен 104 рационализаторла сĕнÿ панă. Çак сĕнÿсенчен çуррине пурнăçа кĕртнĕ те ĕнтĕ.

Сталин хулинчи трактор заводĕнче ĕçлекен рабочисем 159 рационализаторла сĕнÿ панă. Çак сĕнÿсене пурнăçлани ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăшать.

Новаторсемпе рационализаторсен юхăмĕ Румынири ытти предприятисенче те ÿссе пырать.

## Албанире потребительсен кооперацийĕ вăйланать

ТИРАНА, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Албанире потребительсен кооперацийĕнче ĕçлекенсен иккĕмĕш съезчĕ пулса иртнĕ.

Хальхи вăхăтра Албанире потребительсен кооперацийĕн районсенчи союзĕсем 22, районсенчи потребительсен кооперативĕсем 3, хуласенчи потребительсен кооперативĕсем 12, ялсенчи хатĕрлев кооперативĕсем 137 шутланаççĕ. Вĕсем пĕтĕмпе 186.000 пайщика пĕрлештерсе тăраççĕ.

Хальхи вăхăтра ялсенче кооперацин магазинĕсемпе лавкисем 989, хуласенче—380 шутланаççĕ. 1953 çулта, 1952 çулхипе танлаштарсан, ялсенче тавар çаврăнăшне 46 процент таран ÿстерме палăртнă.

## Амерсфортра Голланди гражданĕсемпе Совет çар çыннисен ячĕпе монумент туса лартнă

ГААГА, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Голландире тухса тăракан хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, 1953 çулхи майăн 14-мĕшĕнче Амерсфорт хули çывăхĕнче, нимĕçсен концентрационнăй лагерĕ пулнă вырăнта, гитлеровецсем Голландие оккупацилесе тăнă вăхăтра асаплантарса вĕлернĕ Голланди гражданĕсен тата тыткăнри Совет çар çыннисен ячĕпе монумент уçнă.

Монумента уçас умĕн Голланди премьер-министрĕ Дрейс сăмах тухса каланă. Вăл хăйĕн сăмахĕнче лагерь территорийĕнче темиçе пин Голланди гражданĕсем тата тыткăнра пулнă Совет çар çыннисем пĕтнине палăртнă. Вĕсем нимĕç фашизмне хирĕç кĕрешсе вилнĕ.

Юлашкинчен монумент умне чечек кăшăлĕсем хунă.

СССР посолĕ Г. Т. Зайцев Совет Союзĕн Голландири посольстви ячĕпе чечек кăшăлĕ хунă.

## *Францири Мир Совечĕн ларăвĕнче*

ПАРИЖ, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Майăн 16-мĕшĕпе 17-мĕшĕнче Париж хулинче Францири Мир Совечĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура халăхсен Венăра пулса иртнĕ Конгресĕ йышăннă решение пурнăçа кĕртесси çинчен Эммануэль д'Астье де ла Вижери доклад тунă. Докладчик Франци правительстви çак тарана çитсе те халăхсен Конгресĕ уйăрнă комисси ярса панă çыру пирки нимĕнле ответ та паманнине палăртнă.

Францири Мир Совечĕ французсене чĕнсе резолюци йышăннă. Резолюцире тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма пулăшакан кирек мĕнле ĕçе те хÿтĕлеме чĕнсе каланă.

Франци халăхĕн пысăк пайĕ, тенĕ революцире, Индо-Китайри тата Корейăри вăрçа чарса лартассишĕн, Германи ыйтăвне калаçусем ирттерсе татса парассишĕн, хĕçпăшалсăрланассишĕн, пилĕк аслă держава представителĕсем пĕр-пĕринпе тĕл пулса килĕшÿ тумалла тăвассишĕн тăрать.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтерне: иртнĕ кун хушшинче Корея халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем центральнăй фронтри икĕ участокра тăшмана хирĕç хаярăн çапăçнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем паян тăшманăн 2 самолетне персе ÿкернĕ, 4 самолетне сиенленĕ.

## Синьхуа агентстви Паньмыньчжонри калаçусем çинчен

ПЕКИН, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ ĕнер Кэсонран çапла пĕлтерне:

Пĕрлешнĕ Нацисен çарĕсен делегацийĕн пуçлăхĕ генерал Гаррисон Америка сĕнĕвне тăратнă чухне: Корейăпа Китай делегацийĕ майăн 7-мĕшĕнче тăратнă сĕнĕвĕн тĕп пайĕ йышăнма юрăхлă тенĕ. Гаррисон тата çапла та каланă: пилĕк государство представителĕсенчен уйăрса тăвакан комисси ĕçĕсем пирки Корейăпа Китай делегацийĕ тăратнă сĕнĕве Америка проекчĕпе танлаштарса пăхни килĕшÿ тумалли никĕс мĕн пек пысăк пулнине хăех кăтартĕ.

Анчах та çакă икĕ тĕрлĕ сĕнÿсене танлаштарса пăхни çакна кăтартать: форма енчен çак сĕнÿсем иккĕшĕ те пилĕк нейтральнăй государство представителĕсенчен уйăрса репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси тăвасси çинчен калаççĕ пулсан та, содержани енчен вара вĕсем пачах пĕр-пĕрне хирĕç пыраççĕ.

Корейăпа Китай делегацийĕ панă сĕнÿ тăрăх, нейтральнăй державăсен представителĕсенчен уйăракан комиссие хăйĕн ĕçĕсене пурнăçлама кирлĕ полномочисем памалла, тÿрех репатриаци туман çар çыннисене репатриаци тăвасси çинчен тăракан ыйтăва, интересленекен çĕршыв вĕсене тивĕçлипе ăнлантарса панă хыççăн, тĕрĕс татса памалла. Америка сĕнĕвĕ çакăн пек тума май памасть. Çав вăхăтрах вăл сĕнÿ Америкăна тыткăнри çар çыннисене вăйпа тытса чарма май парать.

Корейăпа Китай делегацийĕн сĕнĕвĕ тăрăх, тÿрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене пурне те вĕсем хальхи вăхăтра тыткăнра тăракан вырăнта тыткăна илнĕ çĕршывăн контролĕнчен хăтармалла, вĕсене нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă репатриаци комиссийĕ аллине памалла. Америка сĕнĕвĕ тăрăх апла мар, нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комисси аллине тÿрех репатриаци туман тыткăнри Китай халăх добровольцĕсене кăна памалла. Корея халăх çарĕн тÿрех репатриаци туман çар çыннисене çак комисси аллине памаççĕ, вĕсене, Америка сĕнĕвĕ тăрăх, «вырăнта ирĕке кăларнипе» хăйсем патĕнче тытса хăвараççĕ.

Америка делегацийĕ сĕннĕ тăрăх, нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси, тĕрĕссипе илсен, Америка контролĕ аллинче пулать. Америка сĕнĕвĕн пиллĕкмĕш параграфĕнче каланă тăрăх, Америкăн хĕçпăшаллă вăйĕсене тыткăнри çар çыннисем тăракан лагерьсем патĕнчен пурĕ те 2 километра кăна илсе каяççĕ. Америка сĕнĕвĕн улттăмĕш параграфĕнче каланă тăрăх, тыткăнри çар çыннисен лагерĕсем тыткăна илнĕ çĕршывăн çар контролĕнче тăракан территорисенче вырнаçса тăраççĕ. Çакăн пек пулсан, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комиссие пĕтĕмпех Америка çарĕсем хупăрласа тăма пултараççĕ. Çапла ĕнтĕ, çак комисси хăйĕн ĕçĕсене кирлĕ пек туса пыма пултараймасть.

Корейăпа Китай делегацийĕ сĕннĕ тăрăх, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комиссие пилĕк нейтральнăй государствăран кашнинчен представительсем пĕр тан уйăрмалла тата çак комисси членĕсем пулакан государствăсен кашнин хĕçпăшаллă вăйсем пĕр тан тăратмалла. Çакăн пек туни репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комиссие хăйĕн законлă ĕçĕсене туса тăма, вăхăтлăха хăйĕн аллинче тăракан тыткăнри çар çыннисене сыхласа тăма кирлĕ. Анчах Америка сĕнĕвĕ тăрăх, ĕçсем пачах урăхла пулмалла. Америка сĕнĕвĕ тăрăх, пĕр нейтральнăй государство кăна хĕçпăшаллă вăйсем тата ытти çынсем тăратма пултарать. Çав вăхăтрах ытти нейтральнăй государствăсем çак комиссие пĕрер представитель кăна уйăрса яма пултараççĕ. Çак государствăсем уйăрнă представительсен помощникĕсем 10 çынтан ытла пулмалла мар. Çакнашкал сĕнÿ вăл репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комиссие хăйĕн прависемпе ĕçĕсене пурнăçлама кирлĕ пек власть памасть, вăл Америкăна çак комисси ĕçне тĕрлĕ сăлтавсемпе хутшăнма ирĕк парать. Америка делегацийĕ тăратнă сĕнĕвĕн улттăмĕш параграфĕнче çапла каланă: хăйĕн хĕçпăшаллă вăйĕсене ярса паракан нейтральнăй государствăн «кирлĕ пулсан тыткăнри çар çыннисене тытса тăракан çĕршывран кирлĕ чухлĕ администраци персоналĕ тата хăрушсăрлăх çарĕ ыйтса илме право пур». Америка сĕнĕвĕн 16-мĕш параграфĕнче каланă тăрăх, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комиссин «тыткăнри çар çыннисене тытса тăракан çĕршывран çак çĕршывăн контролĕнче тăракан районта тыткăнри çар çыннисене пăхса усрама е вĕсене хăйсем пурăнакан суртсенче пулăшу пама хĕçпăшаллă мар çынсем ыйтса илме право пур».

Çак сĕнÿсем вĕсем акă мĕне пĕлтереççĕ. Америка, хăйĕн хĕçпăшаллă вăйĕсемпе тата ятарласа уйăрнă агентсемпе усă курса, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комисси прависемпе ĕçĕсене хăйĕн аллине илесшĕн, çапла вара, хăйсен тăван çĕршывне таврăнма памалла мар тăвас тесе, тыткăнри çар çыннисене хăратасшăн.

Корейăпа Китай делегацийĕ панă сĕнÿ тăрăх, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комиссин, интересленекен çĕршыв хăйĕн çĕршывĕн тыткăнри çар çыннисем хушшинче кирлĕ пек ăнлантару ĕçĕсем туса ирттернĕ хыççăн, хăйсен тăван çĕршывне каялла таврăнма килĕшнĕ тыткăнри мĕнпур çар çыннисене хăйсен тăван çĕршывне хăвăрт таврăнма пулăшассишĕн ответлă пулмалла. Америкăн вĕсене хăйсен тăван çĕршывне таврăнма нимĕнле чăрмав та тумалла мар. Америка сĕннĕ тăрăх, çак персоналăн Америка контролĕнче тата хуралĕнче пулмалла. Çакă вăл Америкăна тыткăнри çар çыннисене хăйсен тăван çĕршывне таврăнма ирĕк памалла мар тума е вĕсене вăйпа тытса чармалла тума май парать. Çак услови вăл репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăракан комиссин пĕлтерĕшне нимĕне тăман ĕç туса хурать, интересленекен çĕршывсен тыткăнри çар çыннисем хушшинче тумалли ăнлантару ĕçне пĕтерсе хурать.

Корейăпа Китай делегацийĕ панă сĕнĕве сÿтсе явнă чухне Корейăпа Китай делегацийĕ çакна кăтартса панă: репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комисси умне тухса тăракан ыйтусене пурне те ытларахăш сасăпа татса памалла. Çакă вăл ыйтусене тĕрĕс татса памалли меслет пулса тăрать. Анчах та Америка сĕнĕвĕ тăрăх, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комиссин «пĕр сасăллă принцип» тăрăх ĕçлемелле. Кун пек пулсан, комисси пачах ĕçлеме пултараймасть, вăл репатриаци çинчен тăракан пĕр ыйтăва та татса пама пултараймасть. Америка сĕнĕвĕн виççĕмĕш параграфĕнче тата çапла каланă: репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комиссире пулма уйăрнă представительсем çумĕнче икĕ енĕн представителĕсем пулмалла, вĕсен «тыткăнри çар çыннисем хăйсене тепĕр çĕршыв аллине пама ыйтнă чухне çакăн пек решени йышăнма вĕсене хĕсни пулманнине палăртмалла». Çавăнпа та, Америка представителĕсем хутшăнас пулсан, репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăракан комисси репатриаци тума ыйтакан тыткăнри çар çыннисене хăйсен тăван çĕршывне таврăрса парасси çинчен пĕр шухăшлă пулса решени йышăнма пултарайманни те пулма пултарать. Çапла ĕнтĕ, тыткăнри çар çыннисене репатриаци тăвасси çинчен тăракан ыйту пирки тухнă хирĕçÿсем вĕçĕмсĕр тăсăлма, тыткăнри çар çыннисем хушшинче ăнлантару ĕçĕсем туса ирттерме Америка сĕннĕ пек 60 кун иртиччченех тăсăлма пултараççĕ. Çакăн хыççăн вара Америка «тыткăнри çакăн пек çар çыннисене вырăнта ирĕке кăларма» е вĕсене тÿрех Ли Сын Ман тата Чан Кай-ши бандисен аллине тытса пама пултарать. Репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комисси ĕçне çакăн пек хĕссе лартнипе Америка çак комиссие хăйĕн законлă ĕçĕсене пурнăçлама памалла мар тăвасшăн, çак комиссирен вăл тыткăнри çар çыннисене вăйпа тытса чармалли хатĕр туса хурасшăн. Çакăн пек тума шутлани генерал Гаррисон хăшпĕр нейтральнăй государствăсем пирки киревсĕр элеклесе каланинчен те курăнать.

Çавăнпа та генерал Нам Ир делегацисен майăн 15-мĕшĕнче пулнă ларăвĕнче: Америка сĕнĕвĕ Корейăпа Китай делегацийĕн сакăр пунктран тăракан сĕнĕвне пачах хирĕç пырать, тесе кăтартса панă.

## Пĕтĕм тĕнчери демократилле çамрăксен федерацийĕн исполкомĕн ларăвĕ уçăлнă

ХЕЛЬСИНКИ, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери демократилле çамрăксен федерацийĕн секретариачĕ майăн 18-мĕшĕнче Хельсинки университетĕнче Пĕтĕм тĕнчери демократилле çамрăксен федерацийĕн исполкомĕн ларăвĕ уçăлни çинчен пĕлтерне. Исполком ларăвĕн кун йĕркинче икĕ ыйту тăрать: Пĕтĕм тĕнчери çамрăксен виççĕмĕш конгресне хатĕрлесси çинчен тата Пĕтĕм тĕнчери çамрăксемпе студентсен тăваттăмĕш фестивальне хатĕрлесси çинчен.

Ларăва Пĕтĕм тĕнчери демократилле çамрăксен федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Жак Дени уçнă. Вăл исполком членĕсемпе чĕннĕ хăнасене саламланă. Ларăва Финляндири çамрăксен организацийĕ уйăрнă делегаци председателĕ Вайссенберг саламланă.

Пĕтĕм тĕнчери çамрăксен виççĕмĕш конгресне хатĕрлесси çинчен Пĕтĕм тĕнчери демократилле çамрăксен федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Жак Дени доклад тунă.

## Индо-Китайри вăрçă Францие мĕн хака ларать

ПАРИЖ, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат паян «Индо-Китайри вăрçă Францие мĕн хака ларать» ятлă статья пичетлесе кăларнă.

Статьяра çапла каланă: официальнăй сведенисем тăрăх, Франци Индо-Китайра 6 çул та 7 уйăх хушши вăрçă варнă вăхăтра 2.100 миллиард франк укçа расходланă. Кун çумне вăрттăн майпа уйăрса паракан укçана хушас пулать. Вара çак расход 3.950 миллиард франка çитет. Кунсăр пуçне тата государство Индо-Китай ресурсĕсене эксплуатацилессипе çыхăннă тĕрлĕ трестсене çуллен 100 миллиард франк тÿлесе тăрать. Пиастрпа сутуилÿ туни Франци хыснине çулсерен 100 миллиард франка ларать.

«Çапла ĕнтĕ,—тет хаçат,—Индо-Китайри вăрçă Франци халăхне çуллен 800 миллиард франк чухлĕ е куллен 2 миллиард та 200 миллион франк чухлĕ сиен курет».

Индо-Китайри вăрçăра Франци монополийĕсем пуяççĕ. «Юманите» хаçат çырнă тăрăх, Индо-Китая çаратса пурăнакан 45 компани 1950 çулта 10 миллиард та 100 миллион франк чухлĕ услам илнĕ, 1946 çулта 542 миллион франк услам илнĕ пулнă. 1951—1952 çулсенче Индо-Китай банкĕ хăйĕн усламне 24 процент ÿстерне.

## Дюпон компанийĕн Аргентинăри филиалĕн директорĕсене арестленĕ

ПАРИЖ, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Буэнос-Айресран пĕлтернĕ тăрăх, майăн 16-мĕшĕнче полици Америкăн «Дюпон де Нэмур» компанийĕн Аргентинăри филиалĕн темиçе директорне арестленĕ. Хаçатсем кăтартса панă тăрăх, вĕсем правительствăна хирĕç кавар организациленĕ.

## ÇУРÇĔР АТЛАНТИКА БЛОКНЕ КĔРЕКЕН ÇĔРШЫВСЕН ТИНĔС-ÇАР МАНЕВРĔ

СТОКГОЛЬМ, майăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Швецин хĕвеланăç çыранĕсем патĕнчи фарватерсенче Çурçĕр-Атлантика блокне кĕрекен çĕршывсен тинĕс-çар маневрĕ пуçланнă. Маневра Англи, Дани тата Норвеги çар карапĕсем хутшăнаççĕ. Çакна май Гетеборга Англин эскадра тральщикĕ «Кокетт» пырса çитет.

## Австрири халăх йышĕ

ВЕНА, майăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). «Зондердинст эстеррейх» пĕлтернĕ тăрăх, 1951 çулта Австрире халăх йышĕ пĕтĕмпе 6.933.905 çын шутланнă.

## Бокс енĕпе Европăра мала тухассишĕн пыракан ăмăрту

ВАРШАВА, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Варшаври чи пысăк спорт залĕнче бокс енĕпе Европăра мала тухассишĕн ăмăрту пуçланнă. Ăмăрту олимп вăййисен йĕркипе иртет. Ăмăрту пыракан зала ăмăртăва хутшăннă çĕршывсен ялавĕсемпе илемлетнĕ.

Ăмăрту пуçланас умĕн оргкомитет председателĕ—сейм депутачĕ Владимир Речек боксерсен командисене саламласа сăмах каланă. Ун хыççăн бокс вăййине юратакансен пĕтĕм тĕнчери ассоциацийĕн представителĕ Гремо сăмах каланă.

Польша гимнне каланă вăхăтра ялав вĕлкĕшсе çĕкленет. Ку вăл ăмăрту уçăлнине пĕлтерет.

Паян чи çăмăл виçеллисен ăмăртăвĕнче: Базель (Хĕвеланăç Германи)—Добрескуна (Румыни), Карри (Шотланди)—Карпаттие (Венгри), Булаков (СССР) —Лиммонена (Финлянди) парăнтарнă.

Çăмăл виçеллисен ăмăртăвĕнче: Хамалайнен (Финлянди)—Мольнера (Венгри), Николов (Болгари)—Шидана (Хĕвеланăç Германи) парăнтарнă.

Совет боксерĕ Степанов Югослави боксерне—Здановича парăнтарнă.

Çавăн пекех Мак Нелли (Ирланди) —Мартена (Франци), Смайли (Шотланди)—Петржина (Чехословаки) парăнтарнă.

Ăмăртăва куракансем пилĕк пин çынна яхăн пулнă.

ВАРШАВА, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер каçхине бокс енĕпе Европăра мала тухассишĕн пыракан ăмăрту малалла пынă. Ку вăйăра çурма çăмăл виçеллĕ боксерсем тĕл пулнă.

Мелинг (Хĕвеланăç Германи)—Стехлика (Чехословаки), Хорват (Венгри) —Маргаритта (Румыни), Гамия (Франци)—Шретера (Демократиллĕ Германи Республики), Кружа (Польша)—Канипеле (Бельги) çĕнтернĕ.

Кун хыççăн çăмăл виçеллĕ боксерсен ăмăртăвĕ пуçланнă. Малтан Голдпа (Чехословаки) Алин (Швеци) тĕл пулнă. Ăмăрту йĕркине пăснăшăн Голда вăйăран кăларнă. Алин çĕнтернĕ тесе шутламалла тунă.

Ниинивуори (Финлянди) — Стефановича (Югослави), Ди Язио (Итали)—Пьерсона (Франци), Марков (Болгари)—Потесиле (Австри), Хинсон (Англи)—Ротта (Хĕвеланăç Германи), Анткевич (Польша)—Фиата (Румыни) çĕнтернĕ.

Совет боксерĕ Енгибарьян Гутшмидтпа (Демократиллĕ Германи Республики) тĕл пулнă. Енгибарьян Гутшмидта çĕнтернĕ.



Иртнĕ вырсарникун Шупашкарта «Молния» спорт обществин стадионĕнче хулари спортсменсен çуркуннехи пысăк уявĕ пулчĕ.
ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: «Молния» спорт обществин физкультурникĕсен колонни трибуна умĕнчен иртет.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

# Çĕмĕрле хыпарĕсем

☆ **Юрă уявĕ.** Республикăра юрă праçникне хатĕрленнĕ май, КПСС Çĕмĕрле райкомĕ июнь уйăхĕнче районта юрă уявĕ ирттерме йышăнчĕ. Уява хатĕрленсе ирттерме 12 çынтан комисси тунă.

Уява Сăр шывĕ хĕрринчи илемлĕ уçланкăра ирттерме палăртнă. Хулари рабочисен клубĕсен çумĕнчи художествăлла пултарулăх коллективĕсемпе пĕрле юрă уявне колхоз хорĕсемпе шкул ачисен хор кружокĕсем те хутшăнаççĕ.

☆ **И. Н. Ульянов лартнă шкул çурчĕ.** В. И. Ленинăн ашшĕ И. Н. Ульянов тăрăшнипе ĕлĕкхи Кăрмăш уездĕнчи Хутар ялĕнче шкул уçнă. Ку ĕç 1870 çулта пулнă.

Унтанпа Хутар культурăллă пысăк ял пулса тăчĕ. Совет влаçĕ пулнăранпа кунта вăтам шкул уçнă.

Чăваш халăхĕ хăйне çутта кăларассишĕн тăрăшнă çын ятне ăшшăн асăнса хисеплет. Шкул уçăлнăранпа 80 çул çитнĕ май Хутарти вăтам шкула И. Н. Ульянов ятне панă. Кăçал шкул çуртне юсаса çĕнетме палăртнă. Шкул çуртне юсама кирлĕ таран укçа-тенкĕ уйăрса панă.

Платниксем юсав ĕçне тытăннă та ĕнтĕ.

☆ **Ачасен çуллахи канăвĕ.** Вĕренÿ çулĕ вĕçленсе пынă май, вырăнти профсоюз органĕсем ачасен çуллахи канăвне лайăхрах йĕркелеме хатĕрленеççĕ.

Районта икĕ пионер лагерĕ уçăлать. Пĕр лагерьне «Комбайндеталь» заводри профсоюз комитечĕ уçать. Вăл Сăр шывĕ хĕрринчи Чинчугур ятлă кÿлĕ хĕрринче, илемлĕ вырăнта. Унта «Комбайндеталь» заводри рабочисен ачисемсĕр пуçне, ытти районсенчен килнĕ ачасем те канаççĕ.

Сĕтел-пукан комбинатĕнчи тата вăрманпромхозри рабочисен ачисем валли пĕр лагерь пулать. Ку лагерь Речной поселок çумĕнчи улăхра. Икĕ лагерĕнче 600 ача ытла канмалла. Унсăр пуçне 40 ача шкулти площадкăра канать. Лагерьсенче тата шкул площадкинче ĕçлеме ВЛКСМ райкомĕпе районти сутĕç пайĕ çынсем уйăрса çирĕплетнĕ.

Ачасен канăвне усăллă ирттерес тĕлĕшпе районти пионерсен çурчĕ пысăк ĕçсем туса ирттерет. Вĕренÿ отличникĕсенчен 100 ача республика столицине — Шупашкара экскурсие каять. 80 ача Тăван çĕршыва тĕпчесе вĕренес тĕлĕшпе ирттерекен тĕрлĕ походсемпе экскурсисене хутшăнаççĕ. Хутарти вăтам шкулти географи кружокĕн членĕсем Сăр шывĕ тăрăх похода тухаççĕ.

☆ **Çĕнĕ чайнăйсемпе столовăйсем.** «Чăвашвăрман» трестчĕн Çĕмĕрлери вăрманпромхозĕ çумĕнчи ОРС кăçал вăрманпромхозăн анатри складĕнче çĕнĕ столовăй уçрĕ.

Майăн 10-мĕшĕнче пасар площадĕнче Чăвашторг уйрăмĕн 3-мĕш чайнăй ĕçлеме пуçларĕ. Чайнăйра çутă та аслă. Зала пĕтĕмпех çĕнĕ сĕтел-пукан лартнă.

Çитес кунсенче райпотребсоюзăн чайнăйĕ ĕçе кĕрет. Çĕнĕ чайнăй малтанхинчен темиçе хут пысăк пулать.

☆ **Хулари магазинсенче.** Тавар хакĕсене çĕнĕрен, улттăмĕш хут йÿнетнĕ хыççăн, хулари магазинсенче тавар ытларах сутăнма пуçларĕ. Ĕççыннисем халĕ культура таварĕсем, мотоциклетсемпе велосипедсем нумай туянаççĕ.

Пĕрремĕш магазин тавар сутмалли плана кашни кун 114 процент тултарса пырать.

Кăçал хулара икĕ çĕнĕ магазин ĕçлеме тытăнчĕ. Вĕсенчен пĕринче атă-пушмак, тепринче — кĕпе-тумтир сутаççĕ. Юлашки тăватă кун хушшинче атă-пушмак сутакан магазин плана 104 процент тултарнă.

Ытти чылай магазинсем те тавар сутмалли плана ытлашшипех тултарса пыраççĕ.

☆ **Комбинатри хĕрарăмсем.** Комбинатри стахановецсен йышĕнче виçĕ пайран пĕр пайĕ хĕрарăмсем. Вĕсенчен Е. Беляева маляр, Е. Гордеева работница, Е. Степанова лакировщица, Е. Степанова станочница, Н. Агашина лакировщица, Х. Ибрагимова работница пилĕк çуллăх плансене тултарнă та ĕнтĕ. 51 хĕрарăм вăрçă хыççăнхи иккĕмĕш пилĕкçуллăх пуçланнăранпа тăватă çулталăк нормине, 292 хĕрарăм виçĕ çулталăк нормине ирттерсе тултарнă.

Иртнĕ суйлавра комбинат коллективĕнчен 7 хĕрарăма районпа хула Совечĕсене депутата суйланă.

Е. АФАНАСЬЕВ.

## Училищĕри стена хаçачĕ

Патăръелĕнчи И. Я. Яковлев ячĕпе тăракан педагогика училищинчи «За педагогические кадры» стена хаçачĕ уйăхра пĕрре тухса тăрать.

Хаçат пахалăхĕ шкул пурнăçне тĕрĕс çутатса пынинчен, массăпа çывăх тăнинчен тата хаçата çыракансем хушшинче яланах ĕçленинчен нумай килет. Çавăнпа та редколлеги стена хаçатне кăларас ĕçе вĕренекенсене нумайрах хутшăнтарма тăрăшать.

Хаçатăн «Сатирăпа юмор» кĕтесне яланах критикăлла статьясем кĕртеççĕ. Унти эпиграммăсемпе пĕчĕк фельетонсене вĕренекенсем уйрăммăнах юратса вулаççĕ. Сăмахран, вĕренÿ çулĕн иртнĕ çур çулĕнче дисциплинăна пăснисем пулкаларĕç. Çакна çийĕнчех сиссе, стена хаçатĕнче эпиграммăсем пичетлесе кăларнăччĕ. Çапла туни дисциплинăна çирĕплетме пулăшрĕ.

Хаçатăн «Комсомол пурнăçĕ», «Дисциплина çинчен» ятлă пайĕсенче час-часах комсоргсемпе профоргсен, преподавательсен статьисем тухаççĕ. Хаçатра училищĕре вĕренекенсен сăввисене те пичетлеççĕ. Хаçата тĕрлĕ картинăсемпе илемлетеççĕ.

Ку хаçатсăр пуçне, педагогика училищин кашни курсĕнче стена хаçачĕсем тухаççĕ. Вĕсене те редколлегисем вăхăтра кăларса тăраççĕ.

М. СИМУКОВ.
И. МАТРОСОВ.

## Комсомолецсем пуçарнипе

ÇĔРПУ. Хĕрлĕтури çичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекенсем, ялти комсомолецсен пуçарăвне ырласа, тимĕр-тăмăр пухаççĕ. Шкул ачисемпе пионерсем 3 кун хушшинче 1.325 килограмм тимĕр-тăмăр пухнă.

Е. СТЕПАНОВ.

## „Агитатор блокночĕн" черетлĕ номерĕ

КПСС Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ кăларакан «Агитатор блокночĕн» черетлĕ, 10-мĕш номерĕ пичетленсе тухнă. Унта З. Белова çырнă «Предприятин производство планне пур енĕпе те тултарса пырар», П. Елкинăн—«Колхозсенче выльăхсене çулла пăхса усрас ĕçе тĕрĕс йĕркелер» ятлă статьисем пичетленнĕ.

«Агитаци ĕçĕн практикинчен» ятлă пайра Улатăр МТС-ĕнчи виççĕмĕш трактор бригадинчи агитатор И. Брейкин юлташ ăмăртура мала тухассишĕн кĕрешни çинчен каласа пани пур. Кунсăр пуçне, «Блокнотра» агитаторсем валли калаçура усă курма совет халăхĕн пурнăçĕ пĕр маях лайăхланса пынине кăтартакан цифрăсемпе фактсем пичетленĕ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



## *Театр*

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—майăн 20-мĕшĕпе 21-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Вей, ветерок». Пуçламăшĕ 20 сехет те 30 минутра.

## *Кино*

«РОДИНА»—майăн 20-мĕшĕпе 21-мĕшĕнче пур сеанссенче те çĕнĕ илемлĕ фильм «Адмирал Ушаков». Сеанссем 12, 14, 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, пр... сть пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательств... —0-23.

НТ 01131 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.